ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР[ĔР]

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул Октябрь 17
ШăМАТКУН
№ 203 (9112)
Хакĕ 20 пус.
36-мĕш çул тухать.

## Паянхи номерте:



# Вăрлăх фончĕсене хăвăртрах туса çитерер

Ялхуçалăх культурисен тухăçлăхĕ ÿсĕ ее пырасси таса сортлă вăрлăх акнинчен нумай килет. Сортлă вăрлăх аксан тырпул тухăçлăхĕ ÿсет тата тырă паха пулать. Çавăнпа ĕнтĕ партин Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ колхозсемпе совхозсенче вăрлăх хатĕрлес ĕçе лайăхлатма кирли çинчен уйрăммăнах кăтартса панĕ.

Нумай колхозсенче халиччен вăрлăх хатĕрлеме сахал тăрăшнă, кашни çулах государствăран вăрлăх кивçен нумай илнĕ, çав вăрлăха турттарма ĕç вăйĕ, турттăм вăйĕ тата укçа-тенкĕ нумай пĕтернĕ. Кунсăр пуçне хăшпĕр колхозсенче çакна та шута илмен: аякран илсе килсе акнă вăрлăх нумай чухне вырăнти çĕнĕ условисенче начар ÿснĕ, çакă та вара тырпул тухăçлăхне ÿстерсе пырас ĕçе чăрмав кÿнĕ.

Кăçал Правительство колхозсемпе совхозсенче вăрлăх хывмалли çĕнĕ йĕрке туса пачĕ. Çав йĕрке тăрăх колхозсемпе совхозсенче вăрлăх фондне ялхуçалăх культурисене пухса кĕртме тытăннă хыççăн пĕр уйăх хушшинче туса çитермелле. Çакă ĕнтĕ вăрлăхсене пурне те чи лайăх срокра уйăрса хума кирлине, вăрлăха çийĕнчех тасатса, типĕтсе акма юрăхлă туса хумаллине кăтартса парать.

Вăрлăх фондне чи малтан вăрлăх участокĕсем çинче уйрăммăн пăхса ÿстернĕ паха тырпула çийĕнчех уйăрса хумалла. Çавăн пек тырпул хуçалăхра вăрлăх фондне хывма çитмест пулсан, вăрлăх фондне пысăк тухăçлă пулнă ытти вырăнсенчи тырпула суйласа илсе çийĕнчех хывмалла. Правительство колхозсемпе совхозсене çак ĕçе государство умĕнчи обязательствăсене пурнăçласа çитеричченех туса ирттерме ирĕк панă.

Правительство кăтартса панă çĕнĕ йĕркене çирĕп пурнăçласа пырса, хăшпĕр районсенчи колхозсем пĕрчĕллĕ тырăсемпе пăрçа йышши культурăсен, техникăлла культурăсен тата курăксен вăрлăхне хывмалли планесене ăнăçлă тултарчĕç. Улатăр, Первомайски, Чкаловски, Елчĕк, Чурачăк районĕсем пĕрчĕллĕ тырăсем, вăл шутра çурхи тулă, вир вăрлăхĕсене акма кирлĕ чухлех уйăрнă. Чурачăк районĕнчи колхозсем вăрлăх фончĕ тумалли плана пĕрчĕллĕ тырăсемпе пăрçа йышши культурăсем енĕпе 100 процент, вăл шутра вир енĕпе 104 процент, çĕрулми вăрлăхĕ уйăрмалли плана 76 процент, пĕр çул ÿсекен курăксен вăрлăхĕ енĕпе 85 процент тултарнă.

Çапах та республикăри нумай колхозсем вăрлăх фончĕ тăвас ĕçре правительство туса панă çĕнĕ лайăх майсемпе кирлĕ пек усă курмарĕç, вăрлăх уйăрса хурассине вăраха ячĕç. Ялхуçалăх культурисене, вăл шутра техникăлла культурăсемпе çĕрулмине тата пахча çимĕçсене пухса кĕртме пуçланăранпа уйăх ытла иртрĕ пулсан та, пирĕн республикăри колхозсем вăрлăх хывса çитермен. Пĕрчĕллĕ тырăсемпе пăрçа йышши культурăсен вăрлăхне вăрлăх фондне 92,9 процент чухлĕ кăна хывнă. Çурхи тулă вăрлăхне уйăрса хурасси юлса пырать, плана пурĕ те 89,8 процент кăна тултарнă. Уйрăммăнах йĕтĕн, кантăр, пĕр çул тата нумай çул ÿсекен курăксен вăррисене вăрлăх фондне сахал хывнă. Çавăн пекех çĕрулми вăрлăхне уйăрса хурасси те вăраха юлса пырать.

Пĕрчĕллĕ тырăсен тата пăрçа йышши культурăсен вăрлăхне вăрлăх фондне хывмалли плана пирĕн республикăри 7 районта кăна тултарнă. Вăрлăх фондне хывнă тырăсенчен 84 проценчĕ кăна сортлă паха тырăсем. Колхоз руководителĕсен тата ялхуçалăх специалисчĕсен вăрлăх фондне паха, сортлă тырăсем хурассишĕн çине тăрсах ĕçлемелле. Килес çул сортлă мар, япăх вăрлăх акни пачах пулмалла мар.

Вăрлăх фончĕсем тăвас ĕçе, иртнĕ çулхи пекех, Советски, Хĕрлĕ Чутай, Çĕрпÿ, Элĕк, Красноармейски, Калинино районĕсенчи ялхуçалăх специалисчĕсем çителĕксĕр хутшăнаççĕ. Çак ответлă ыйтăва вĕсем колхозниксемпе колхозницăсем умĕнче тивĕçлипе çĕклемен. Ку районсенчи колхозсем пĕрчĕллĕ тырăсен вăрлăхне килес çул акма кирлĕ хисепĕн 85 проценчĕ чухлĕ кăна уйăрса хунă. Кун пек япăх ĕçленине колхоз председателĕсем, колхозсенчи парторганизацисен секретарĕсем тата ялхуçалăх специалисчĕсен вăрлăх фончĕсем тăвас ĕçе хакламаннипе кăна ăнлантарса пама пулать.

Техникăлла культурăсен вăрлăхне акма уйăрса хурас тĕлĕшпе уйрăммăнах Тăвай, Сĕнтĕрвăрри, Октябрьски, Кувакино, Пăрачкав районĕсем юлса пыраççĕ. Çак районсенчи колхозсем нумайăшĕ халĕ йĕтĕн тата кантăр вăрлăхĕн фондне туса çитермен. Йĕтĕнпе кантăр вăррисем вăхăтра çапса илмесен çурăмрах пăсăлаççĕ. Çакна пĕлсе тăраççĕ пулин те, авăн çапас ĕçе кунта васкатмаççĕ, çапса пуçтарнă вăрлăха та тасатса акма юрăхлă туса хума тăрăшмаççĕ.

Иртнĕ çулта Чăваш республикинчи колхозсем клевер, тимофеевка тата ытти нумай çул ÿсекен курăксен вăрлăхне государствăна хăвăрт парса татрĕç. Анчах та вăрлăх фончĕ туса çитереймерĕç. Кăçал кун пек пулма сăлтав çук. Малта пыракан колхозсем вăрлăхлăх хăварнă курăксене тахçанах пухса кĕртнĕ, государствăна курăк вăррисем парса татнă, вăрлăхлăх ÿстернĕ участоксенчи курăк вăррисене тасатса вăрлăх фондне хывнă. Сăмахран, Улатăр районĕнчи колхозсем клевер вăрри хывса çитернĕ, плана 101 процент тултарнă. Вăрнар районĕнчи колхозсем те нумай çул ÿсекен курăксен вăрлăхне çак кунсенчех хатĕрлесе çитереççĕ. Çав вăхăтрах Сĕнтĕрвăрри, Шупашкар районĕсенче клевер, тимофеевка вăррине вăрлăх фондне 32—59 центнер кăна хывнă. Иртнĕ çулхи пекех курăк вăррисем хатĕрлес ĕçре Сĕмĕрле, Куславкка, Муркаш, Октябрьски районĕсенчи колхозсем питĕ юлса пыраççĕ. Ку районсенче клевер вăрри питĕ сахал хатĕрленĕ. Çакăн пек юлса пыни курăк вăррисем хатĕрлесе хурас тĕлĕшпе МТС-сем япăх ĕçленинчен те килет. Сĕнтĕрвăрри МТС-ĕ чăннипе илсен, клевер вăрлăхне шĕкĕлчес ĕçе колхозсенче пачах организацилемен.

Пирĕн республикăра 1954 çулта çĕрулми ытларах лартмалла тата çĕрулми вăрлăхне гектар çине халичченхи пек 22-шер центнер мар, 30-шар центнер лартмалла. Çĕрулмине тăваткал тĕмĕн лартсан çавăн чухлĕ вăрлăх кĕрет. Лартма çĕрулми хатĕрлес тĕлĕшпе юлса пынине халех пĕтермелле, вăрлăх хатĕрлемелли плана кашни колхоз çак кунсенчех тултарма тивĕçлĕ.

Хуçалăхри ĕçсене тĕрĕс организацилесе пыракан колхозсенче вăрлăхсене вĕркуннех тĕплĕ тасатса, сортласа тата ытлашши нÿрĕрен типĕтсе хураççĕ. Сăмахран, Вăрмар районĕнчи Свердлов ячĕпе тăракан колхоз вăрлăхлăх акнă тырăсене лайăх пухса кĕртнĕ. Вăрлăх участокĕсенче ÿстернĕ сортлă тырпул тухăçлăхĕ ытти вырăнсенчен пухса кĕртнĕ тырпул тухăçлăхĕнчен 25—30 процент ытларах пулнă. Вăрлăхлăх тырăсене вырса пухнă та çийĕнчех çапнă. Сăвăрнă вăрлăха «С-1» машинăпа сортланă, акмалли виçе шучĕпе илсе вăрлăх фондне хывнă.

Çавăн пекех Канаш районĕнчи Маленков ячĕпе тăракан колхоз та вăрлăх фондне хывмалли тырăсене итем çинчех тĕплĕ тасатса пухса кĕртнĕ. Вăрлăха малтан веялкăсемпе, сортировкăсемпе тасатнă, халĕ пĕтĕм вăрлăха триерпа сортласа хураççĕ.

Ĕçе çавăн пек вăхăтра, тĕплĕ туса пыракан колхозсене татах илсе кăтартма пулать. Анчах та вăрлăх хатĕрлес ĕçе çавăн пек тĕплĕ организациленине халĕ нумай колхозсенче курма çук-ха. Лайăх ĕçлекен колхозсен ĕç опытне сарса пырас тĕлĕшпе ытларах ĕçлемелле, колхозсенче ĕçсене тĕплĕрех туса пыма колхозниксен анлă массине çĕклемелле.

Октябрĕн 10-мĕшĕ тĕлне панă отчетсем тăрăх, республикăри колхозсем вăрлăх фондне хывнă вăрлăхсен пысăк пайĕ акма юрăхлă мар пулни курăнать. Хывнă вăрлăхран 33 процентне кăна кирлĕ пек тасатнă. Чурачăк, Улатăр районĕсенчи колхозсем вăрлăх фондне хывнă тырăсен 85 процентне тасатса акма юрăхлă туса хунă. Çав вăхăтрах Елчĕк районĕнчи колхозсенче вăрлăх фондне хывнă тырра тасатасси, сортласа акма юрăхлă тăвасси манăçа юлса пырать. Вăрлăх тасатса хурас ĕçе Калинино, Вăрмар, Чкаловски, Хĕрлĕ Чутай, Элĕк районĕсенче те кирлĕ пек организацилемен, вăрлăх фондне хывнă тырăсене 20—30 процент çеç акма юрăхлă туса хунă.

Вăрлăх фондне хывнă пур тĕрлĕ культурăсен вăрлăхне те халĕ, кĕркунне, сортласа тасатмалла, пур енĕпе те акма юрăхлă туса хумалла. Çак ĕçе колхозсенче агрономсен пуçарса пымалла, вăрлăх фондне хывнă тырăсен пахалăхĕшĕн çак кунсенче ытларах тăрăшмалла.

Колхозсем акса тăвакан тырпул хисепĕнче сортлă паха тырăсен хисепĕ ÿссе пыманнипе хăшпĕр районсенче килĕшсе тăраççĕ-ха. Сăмахран, Элĕк районĕнчи колхозсем сортлă тырă акса тăвас тĕлĕшпе республикăра 26-мĕш вырăнта. Сортлă тырпул акса тăвасси Хĕрлĕ Чутай, Октябрьски тата Сĕмĕрле районĕсенчи колхозсенче те хисепре мар.

Парти райкомĕсен, район Совечĕн исполкомĕсен вăрлăх хатĕрлес ĕç мĕнле пынипе тĕплĕрех интересленмелле. Районсенчи вăрлăх хуçалăхĕсем ĕçне лайăхлатмалла. Колхозсен кивелнĕ вăрлăхсене сортлă çĕнĕ вăрлăхпа улăштарса илес ĕçе тĕрĕс йĕркелесе пымалла. Кашни колхозрах 1954 çулта пур тĕрлĕ ялхуçалăх культурисене те паха сортлă вăрлăхсемпе акса хăвармалла пултăр. Вăрлăх фондне пур тĕрлĕ культурăсен вăрлăхне те хăвăртрах хывса çитерер, сортлă вăрлăхсен кашни колхозрах акма çителĕклĕ пулччăр.

# Октябрь уявĕ умĕнхи ăмăрту

*

## Плана срокчен тултарассишĕн

СĔНТĔРВĂРРИ. Шуркассинчи промкомбинат виççĕ кварталти плана 108,8 процент тултарчĕ. Продукци пахалăхĕ лайăхланса пырать. Рабочисен ĕçри пуçарулăхĕ ÿсрĕ. Вĕсем нормăна ирттерсе тултарнипе лăпланмаççĕ, ĕç тухăçлăхне малалла ÿстерсе пыма çĕнĕ майсем шыраççĕ. Сĕтел-пукан тунă çĕрте шипсене халиччен алăпа каснă. Николаев механик сĕннипе шипсене станок çинче хатĕрлеме пуçланă, вара ĕç тухăçлăхĕ виççĕ хут ытла ÿснĕ.

Производство планне спирт завочĕ, апат-çимĕç комбиначĕ, çу завочĕ тата «Крестьянский кузнец», «Портной», «Лесоруб», «Древообделочник» тата ытти артельсем те ăнăçлă тултарса пыраççĕ. Спирт заводĕнчи рабочисемпе служащисем çулталăкри плана 11 уйăхра тултарассишĕн кĕрешеççĕ. «Древообделочник» артель членĕсем сентябрьти плана ирттерсе тултарнă. Вĕсем октябрьти плана 120 процентран кая мар пурнăçлама пулчĕç.

М. ТИТОВ.

## Панă сăмаха пурнăçлатпăр

КАЛИНИНО. Шĕнерти «20 лет Чувашии» артель кăçалхи тăхăр уйăх хушшинче, иртнĕ çулхи çав тапхăрпа танлаштарсан, 95 пин тенкĕлĕх ытларах продукци туса кăларчĕ. Артель членĕсем, Октябрь уявĕ умĕнхи социализмла ăмăртăва хутшăнса, пысăк обязательствăсем илчĕç. Аслă уяв тĕлне çулталăкри плана çĕвĕ çĕлекен цех 200 процент, урапасуна тăвакан цех—100 процент, чăпта çапакан цех—150 процент тултарма пулчĕ. Артельте ĕçлекенсем накоплени тумалли çулталăкри плана ноябрĕн 7-мĕшĕ тĕлне 120 процент тултарма сăмах пачĕç.

Артель членĕсем панă сăмаха пурнăçлассишĕн кĕрешеççĕ.

Социализмла ăмăртура çĕвĕ çĕлекен тата чăпта çапакан цехсем малта пыраççĕ. Вĕсем çулталăкри плана тăхăр уйăх хушшинчех ирттерсе тултарнă.

Урапа-суна тăвакан цехра ĕçлекенсем кăçал 117 пин тенкĕлĕх продукци туса кăларнă, çулталăкри плана 83 процент тултарнă.

Çак çитĕнÿсене тума агитациллĕ-массăллă ĕçе лайăх йĕркелени пулăшрĕ.

Артель членĕсен пурнăçпа ĕçлĕ условине лайăхлатас тĕлĕшпе те чылай ĕçсем тунă. Вĕсем валли общежити, столовăй, клуб пур.

М. СТЕПАНОВ,
промартель председателĕ.

Элĕкре кантăр завочĕ тăваççĕ. Халĕ тĕп корпусра оборудовани вырнаçтарса лартаççĕ. Килнĕ пек оборудование пĕтĕмпех вырнаçтарса лартнă. Ку тĕлĕшпе Кузнецов юлташ бригади тăрăшса ĕçлет.

ÿКЕРЧĔК ÇИНЧЕ (сулахайран сылтăмалла): Я. Ефимовпа Ф. Николаев рабочисем тата Н. Кузнецов бригадир оборудовани вырнаçтарса лартнă çĕрте ĕçлеççĕ.

П. ЕФРЕМОВ фотоÿкерчĕкĕ.

## Шупашкарти предприятисенче

Шупашкар хулинчи предприятисенче социализмла ăмăрту кунтан-кун сарăлса пырать. Рабочисем, инженерсемпе техниксем тата служащисем халăха кирлĕ таварсем нумайрах туса кăларассишĕн, çулталăкри плана срокчен тултарассишĕн, продукци пахалăхне лайăхлатассишĕн, ĕç тухăçлăхне ÿстерессишĕн вăя шеллемесĕр ĕçлеççĕ.

Уяв ячĕпе ăмăрту пуçарнă электроаппаратура завочĕн коллективĕ панă сăмаха чыслă пурнăçласа пырать. Завод тăхăр уйăхри планран ирттерсе чылай продукци туса кăларчĕ, вунă уйăхри производство планне обязательствăра палăртнă срокран маларах пурнăçларĕ.

«Кооператор» промартель продукци туса кăлармалли çулталăкри плана октябрĕн 6-мĕшĕ тĕлне тултарчĕ. Уйрăмах вăл сентябрь уйăхĕнче лайăх ĕçленине палăртас пулать. СССР Верховнăй Совечĕн V-мĕш сессийĕ йышăннă решенисемпе хавхаланса, артель членĕсем уйăхри плана 158,5 процент тултарчĕç. Артель ĕçĕнчи тепĕр паха тĕслĕх—плана пур изделисем енĕпе те ăнăçлă тултарни. Уяв ячĕпе ăмăртăва хутшăнса, артель членĕсем 1953 çулта проду[...] туса кăлармалли плана ноябрĕн 7-[мĕшĕ] тĕлне тултарма сăмах пачĕç.

Лента тĕртекен фабрика продукци туса кăлармалли вунă уйăхри плана октябрĕн 1-мĕшĕ тĕлне тултарчĕ. Фабрика коллективĕ тунă çитĕнÿсемпе лăпланса лармасть, шалти резервсемпе туллинрех усă курма, станоксене тухăçлăрах ĕçлеттерме тăрăшать. Çак кунсенче вуншар рабочисем ĕç нормине чылай ирттерсе тултараççĕ, паха продукци туса кăлараççĕ, чĕртаварпа материалсем перекетлеççĕ.

«Кожупряжь» промартель виççĕмĕш кварталти плана чылай ирттерсе тултарчĕ. Артель çăматă туса кăлармалли кварталти плана 256 процент тултарчĕ. Атă-пушмак юсамалли, ут таврашĕ туса кăлармалли задание те ирттерсе пурнăçланă.

Ленин ячĕпе тăракан фабрика тата хуларн промкомбинат пĕрремĕш çур çулта юлса пычĕç. Уяв ячĕпе ăмăртăва хутшăнса, унти рабочисемпе служащисем чылай çитĕнÿсем турĕç, сентябрь уйăхĕнчи плана ирттерсе тултарчĕç. Çапла вара вĕсем иртнĕ уйăхсенчи парăма татрĕç.

В. ДМИТРИЕВ,
КПСС Шупашкар хула комитечĕн промышленноçпа транспорт пайĕн заведующийĕ.

## ÇĔНĔ МАГАЗИН

ЕЛЧĔК. Çĕнĕ Пăва ял Советĕнче клуб, библиотека, вăтам шкул, зооветпункт, фельдшер пункчĕ, почта уйрăмĕ, перекет касси тата магазин ĕçлеççĕ. Çак кунсенче тата тепĕр çĕнĕ магазин уçрĕç. Унта хуçалăхра кирлĕ таварсем нумай сутаççĕ.

В. ЕРТМАКОВ.

## Польша литературин вечерĕ

Октябрĕн 14-мĕшĕнче Мускавра, литераторсен тĕп çуртĕнче, Польша литератури вечерĕ пулса иртнĕ.

Пухăва Анна Караваева писательница уçнă.

Польша Халăх Республикин государство премийĕн лауреачĕ—писатель Юлиан Стрыйковский «Кучуххехи Польша литератури миршĕн кĕрешес ĕçре» темăпа сăмах каланă.

Польша писательници Мария Домбровская тата Польша Халăх Республикин государство премийĕн лауреачĕ Анна Ковальская хăйсем Совет Союзĕнче пулса курни çинчен каласа панă. Государство премийĕн лауреачĕ Якуб Ротбаум Польша театрĕ тунă çитĕнÿсем çинчен каланă. Польша поэчĕ Виктор Ворошильский «Мускав сăввисем» ятлă сăвăсен пĕр пайне вуласа панă.

Совет поэчĕсем тата куçаракансем Польша писателĕсен вырăсла куçарнă произведенийĕсен сыпăкĕсене тата Польша çинчен çырнă сăввисене вуласа панă.

Юлашкинчен искусство мастерĕсен концерчĕ пулнă.

Пухура Польша Халăх Республикин чрезвычайнăй тата полномочнăй послĕ В. Левиковский тата Польшăн Мускаври посольствин ответлă сотрудникĕсем пулнă. (ТАСС).

## Çĕнĕ фильмсем

СССР Культура министерствин кинофикаципе кинопрокат тĕп управленийĕ ялхуçалăхĕнчи малта пыракансен опытне кăтартакан фильмсем ытларах кăларать.

Мускавран çĕршывăн тĕрлĕ районĕсене çĕнĕрен кăларнă «Новости сельского хозяйства» журналăн 9-мĕш номерне 1.600 копи ярса панă. Бу журналта Мускав патĕнчи колхозсенче çĕрулми тата пахча çимĕç тăваткал тĕмĕн лартса тунине кăтартнă. Çак киножурнала специалистсем пысăк хак панă, ăна пĕтĕмпе икĕ пин экземпляр ытла кăлараççĕ.

«Школа председателей колхозов», «Школа сельских механизаторов», «Как добиться высоких удоев» тата ялхуçалăхĕ синчен ÿкернĕ ытти кинокартинăсене те пысăк тиражпа кăлараççĕ. (ТАСС).

## Планран ирттерсе—300 электростанци

ТАМБОВ, октябрĕн 15-мĕшĕ. (ТАСС). Тамбоври механически завод коллективĕ ялхуçалăх заказĕсене пурнăçлассишĕн пĕтĕм вăя хурса ĕçлет. Ĕнер Горький, Томск облаçĕсене тата Красноярск крайне, срокчĕн малтан туса пĕтерсе, куçса çÿрекен 24 электростанци ăсатнă.

Çулталăк пуçланнăранпа завод çĕршыва планран ирттерсе 300 ытла куçса çÿрекен электростанци туса панă.

# Ялхуçалăх специалисчĕсем колхозсене ĕçлеме кайрĕç

ПЕРВОМАЙСКИ. Районти ялхуçалăх специалисчĕсем КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ йышăннă постановление тата КПСС Центральнăй Комитечĕн секретарĕн Н. С. Хрущев юлташăн докладне тимлĕн вĕренеççĕ. Вĕсем, парти чĕнни çине ответлесе, хăйсене колхозсене ĕçлеме яма ыйтаççĕ.

— КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕн постановленийĕпе тĕплĕн паллашнă хыççăн, эпĕ манăн вырăн колхозра, тырпул туса илнĕ çĕрте пулнине лайăх ăнланса илтĕм,—тет районти ялхуçалăхĕпе хатĕрлев управленийĕнче ĕçленĕ агроном, комсомолец Евгений Муласов.

Е. Муласов юлташ Молотов ячĕпе тăракан колхоза агроном пулса ĕçлеме кайрĕ, ăна МТС штатне кĕртнĕ.

Районти ялхуçалăхĕне хатĕрлев управленийĕнче зоотехник пулса ĕçленĕ Х. Улжусев юлташ Шверник ячĕпе тăракан колхоза ĕçлеме каять. Аппаратра ĕçленĕ А. Григорьев, Л. Андреева, Е. Терентьева юлташсем те колхозсене зоотехниксемпе агрономсем пулса ĕçлеме каяççĕ.

А. ТУКМАКОВ.

* * *

ÇĔРПУ. Нумаях пулмасть М. Крюков агроном Жданов ячĕпе тăракан колхозра ĕçлеме тытăнчĕ. Вăл унччен районти ялхуçалăхĕпе хатĕрлев управленийĕнче аслă агроном пулса ĕçленĕ. Л. Павлова педагогика училищинче лаборантка пулса ĕçленĕ. Вăл, КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьте пулса иртнĕ Пленумĕн постановленийĕпе паллашнă хыççăн, хăйĕн малтан илнĕ специальноçĕпе ĕçлеме яма ыйтса заявлени панă. Л. Павловăн ыйтăвне тивĕçтернĕ, ăна колхоза ĕçлеме янă.

Çак кунсенче Р. Данилова, А. Васильев, В. Алексеев, В. Павлова, Ф. Павлов агрономсем те колхозсенче ĕçлеме тытăнчĕç.

Çавăн пекех ялсене зоотехниксем те ĕçлеме каяççĕ. «Правда», «Авангард», «Красный этновец», «Память Ленина» колхозсенче зоотехниксем ĕçлеме тытăнчĕç.

Трактористсен курсĕсемпе Канашри механизаторсен училищине вĕренме яма ыйтса нумай заявленисем килнĕ.

Пĕтĕмпе 50 çын ытла вĕренме кăмăл тăваççĕ.

В. АЛЕКСЕЕВ.

* * *

СОВЕТСКИ. Л. Васильева агроном нумай çул хушши ялхуçалăх пайĕнче ĕçленĕ. Партин Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕн постановленийĕ тухнă хыççăн вăл хăйне колхоза ĕçлеме яма ыйтса заявлени пачĕ.

Ĕлĕкрех агроном пулса ĕçленĕ Е. Павлов юлташ тепĕр хут хăйĕн специальноçĕ тăрăх ĕçлеме тытăнчĕ.

Р. Никольская, Г. Хайруллина, Н. Павлова, А. Альянова зоотехниксем те колхозсене ĕçлеме каяççĕ.

Колхоз производствине кайма ыйтса 10 агроном, 9 зоотехник заявленисем панă.

А. ЛУКИН.

* * *

КАНАШ. Кунта районти ялхуçалăх специалисчĕсен канашлăвĕ пулчĕ. Канашлура КПСС райкомĕн секретарĕ И. Чернов юлташ КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕн решенине пурнăçлас тĕлĕшпе специалистсем умĕнче тăракан задачăсем çинчен доклад туса пачĕ. Канашлу хыççăн специалистсем колхозсенче ялан ĕçлеме тухса кайрĕç.

Колхозсене кайнисем хушшинче чылайăшĕ—парти чĕннипе хăйсен специальноçĕпе ĕçлеме кăмăл тунă юлташсем. М. Турулева юлташ кил хуçи хĕрарăмĕ пулнă. Халĕ вăл «Красное пламя» колхоза зоотехник пулса ĕçлеме кайрĕ. А. Петров юлташ çак кунсенче Совет Сарĕнчен таврăннă. Вăл Маленков ячĕпе тăракан колхоза кайса зоотехникра ĕçлеме пуçларĕ.

Колхозсем хăйсем патне пыракан специалистсене ăшă кăмăлпа кĕтсе илеççĕ. Шверник ячĕпе тăракан колхоз Л. Михеева агроном пырасса кĕтсе хваттер хатĕрлесе хунă. Специалистсен çемйине куçарма лав уйăраççĕ. Пÿрт-çурчĕсене хутнă вутă турттарса, выльăх-чĕрлĕхсене усрама апат параççĕ.

(Хамăр корр.).

# Кĕрхи çĕртме тăвассине хăвăртлатмалла

ЕТĔРНЕ. Районти чылай колхозсем кĕрхи çĕртме сухине вăхăтра тата пысăк пахалăхпа туса хăварма тăрăшаççĕ. Маленков ячĕпе тăракан колхозăн 460 гектар кĕрхи çĕртме тумалла пулсан, 430 гектар сухаланă. Киров ячĕпе, Андреев ячĕпе тăракан колхозсенче те çак ĕçе ăнăçлă тăваççĕ.

Анчах район кĕрхи çĕртме тăвас тĕлĕшпе юлса пырать, октябрĕн 10-мĕшĕ тĕлне плана çурри ытларах кăна тултарнă. Уйрăмах Молотов ячĕпе, Мичурин ячĕпе, Жданов ячĕпе, Сталин ячĕпе, Хрущев ячĕпе, Ильич ячĕпе тăракан колхозсем кая юлнă. Кунта кĕрхи çĕртме тумалли плана виççĕмĕш е тăваттăмĕш пайĕ чухлĕ çеç тултарнă.

Мĕнре-ха район çак ĕçре юлса пынин сăлтавĕ? Пĕрремĕш тата тĕп сăлтав МТС директорĕ Вязов юлташ кĕрхи çĕртме сухине вăхăтра, агротехника кăтартнă пек туса хăварассишĕн ответлăха туйманни, ĕç хăй тĕллĕн пулса пырасса шанса тăни пулать. Тракторсем çĕмĕрĕлсе, эрни-эрнипе ĕçлемесĕр лараççĕ. Чылай колхозсенче кĕрхи çĕртме сухине ĕшăх сухалаççĕ. Çавăн çине МТС руководителĕсем çаврăнса та пăхмаççĕ.

Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ хамăр çĕршывăн ялхуçалăхне малалла аталантармалли мерăсем çинчен йышăннă постановленире 1953 çулта çитес çул суртрисем акмалли пĕтĕм çĕр лаптăкне кĕркунне сухаласа хăварма хушрĕ. Çакна Етĕрне МТС дирекцийĕ япăх пурнăçлать.

Кунти уйрăм трактор бригадисем мĕнле ĕçленине илсе пăхăпăр. Жданов ячĕпе тăракан колхозра çĕртме сухи тума тытăннă кунсенчех хăшпĕр тракторсем çĕмĕрĕлнĕ, вĕсене çийĕнчех юсаса ĕçе ярас тĕлĕшпе МТС дирекцийĕ нимĕн те туман. Халĕ тракторсем ĕçлеççĕ, анчах горючи перекетлес шутпа ăшăх сухалама пуçланă. МТС директорĕ те, ытти работниксем те колхозсенче пулмаççĕ, кĕрхи çĕртме тăвас ĕç мĕнле пынипе интересленмеççĕ, трактористсен ĕçне тĕрĕслесе тăмаççĕ. Çакăн пек тĕслĕхсенех Сталин ячĕпе, Хрущев ячĕпе, Ильич ячĕпе тăракан тата ытти колхозсенче те курма пулать. Унта та тракторсем час-часах çĕмĕрĕлеççĕ, трактористсен ĕçне тĕрĕслессине йĕркелемен.

Кĕрхи çĕртме сухи тăвассине хăвăртлатма, тракторсемпе икĕ смена ĕçлессине йĕркелени кирлĕ. Нумай колхозсенче, плана çуррине те тултарман пулин те, тракторсемпе икĕ смена ĕçлессине организацилемен. МТС дирекцийĕ трактористсене кĕрхи сумăрлă çанталăкра ĕçлеме кирлĕ условисем туса парассишĕн тăрăшман.

Бригадăсенче лайăх ĕçлекен трактористсем çук мар. Анчах вĕсен опычĕпе ыттисене паллаштармаççĕ. Трактористсем хушшинче социализмла ăмăрту сарса яман, нимĕнле агитациллĕ-массăллă ĕç те çук. МТС директорĕпе партбюро секретарĕ М. Юхтанов юлташ трактор бригадисенче пулса ĕçе тĕрĕс йĕркелеме пулăшас, агитациллĕ-массăллă ĕçе лайăхлатас вырăнне, МТС-ра пурăнсах вăхăта ирттереççĕ. Малалла та çакăн пек ĕçлесе пырсан, кĕрхи çĕртме сухи тумалли плана тултарасси çинчен каласмалла те пулмасть.

Район юлса пынин тепĕр сăлтавĕ — колхоз правленийĕсем кĕрхи çĕртме сухине пĕтĕмпех трактор бригадисем туса парасса шаннинче, колхозри турттăм вăйĕпе усă курманнинче.

Молотов ячĕпе, Мичурин ячĕпе тăракан колхозсем кĕрхи çĕртме сухи тумалли плана 30 процентран ытла тултарман. Çак колхозсенче турттăм вăйĕ те, ĕç вăйĕ те çителĕклĕ. Апла пулин те лашасемпе пĕр гектар та кĕрхи çĕртме туман.

Райсовет исполкомĕ те кĕрхи çĕртме тăвас ĕçе оперативлă ертсе пымасть-ха.

Кĕрхи çĕртме сухи тумалли плана пурнăçламалли майсем çителĕклĕ. Çак майсемпе пĕлсе, тĕрĕс усă курни, кĕрхи çĕртме сухи тăвас ĕçе ертсе пыни кăна çитмест.

Н. ЦВЕТКОВ.
(Хамăр корр.).

## ПАРТИ ПУРНĂÇĔ

# КПСС Шупашкар хула комитечĕн пленумĕ

КПСС Шупашкар хула комитечĕн пленумĕ пулса иртрĕ. Пленум КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕн итогĕсем çинчен парти обкомĕн секретарĕ Ахазов юлташ тунă доклада сӳтсе ярĕ.

Докладчик тата прениre тухса каланă юлташсем партин Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ йышăннă постановлени Совет Союзĕн ялхуçалăхне [illegible] аталантармалли аслă программа пулса тăнине палăртрĕç. Çав программăна пурнăçлани пирĕн çĕршывра ялхуçалăх продукчĕсем, çăмăл тата апат-çимĕç промышленноçĕ валли чĕртаварсем нитĕ нумай туса хатĕрлес задачăна пурнăçа кĕртме май парать.

КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ тата партин обласри комитечĕн VII-мĕш пленумĕ йышăннă решенисем хулари парторганизаци умне çĕнĕ те пысăк требованисем кăларса тăратрĕç. Хулари парторганизацин хальхи вăхăтри пысăк задачи колхозниксемпе рабочисене тата служащисене КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕпе обком Пленумĕн материалĕсене ăнлантарса парасси, çак материалсене мĕнпур ĕçсыннисем патне çитересси, пленумсен решенийĕсене пурнăçа кĕртес тĕлĕшпе организациллĕ тата политикăлла ĕçсене вăйлатса пырасси пулать.

Анчах та КПСС хула комитечĕн бюровĕпе пуçламăш парторганизацисем тата ĕçсыннин депутачĕсен хула Совет исполкомĕ КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ йышăннă постановленире палăртнă ĕçсене пурнăçлама вăраххăн тытăнаççĕ, партипе правительство ялхуçалăхне малалла аталантарас тĕлĕшпе йышăннă постановленисене колхозниксемпе рабочисене тата служащисене ăнлантарса парассине çителĕксĕр йĕркеленĕ, Шупашкарпа Ишлей районĕсенчи колхозсене шефа илнĕ хулари предприятисемпе учрежденисен шеф ĕçне лайăхлатса пымаççĕ.

Пленумра партин хула комитечĕн бюровĕ ялхуçалăхне кадрсем парса пулăшас енĕпе начар ĕçлесе пынине палăртрĕç. Республикăри колхозсемпе МТС-сене ĕçлеме кайма кăмăл тăвакан ялхуçалăх специалисчĕсем тата инженерсемпе техниксем хулара пурĕ те 64 çын кăна тупăннă.

Пленумра Чăваш ялхуçалăх институчĕн ĕçĕнчи çитменлĕхсене хытă критиклерĕç. Институт наука çитĕнĕвĕсене тата малта пыракансен опытне пропагандăлас, вĕсене колхозсемпе МТС-сене сарас тĕлĕшпе çителĕксĕр ĕçлет, наукăпа тĕпчев ĕçĕсене начар туса пырать.

Докладчик тата прениre тухса каланă юлташсем çакна палăртрĕç: хула Совет исполкомĕ хулара, Сосновкăпа Чапаевски поселокĕсенче колхозсенчен илсе килекен таварсене сутас ĕçе лайăхлатас тĕлĕшпе, çавăн пекех çĕрулмипе пахча çимĕç сутас ĕçе лайăхлатма тăрăшмасть, парниксемпе теплицăсен хуçалăхне ӳстерес, хулари колхозра, предприятисемпе организацисен хушма хуçалăхĕсенче пр пулакан пахча çимĕçсем ӳстерсе тăвас тĕлĕшпе çителĕксĕр ĕçлет. Чебторг, столовăйсен тресчĕ, Чăвашторгăн Атăл лешенчи [illegible] ĕçсыннисем [illegible] çĕрулмипе пахча çимĕçсем хатĕрлес тĕлĕшпе çителĕксĕр ĕçлессĕ. Çак çитменлĕхсем ĕçсыннисене апат-çимĕç продукчĕсем йĕркеллĕн парса тăрас ĕçре пысăк чăрмав кӳме пултараççĕ.

Хулари парторганизацисем тата предприятисен коллективĕсем хăйĕхе колхозсене çителĕксĕр пулăшса пыраççĕ. Пиравăр комбиначĕ, «Легпромстройăн» 11-мĕш номерлĕ тресчĕ, чălха фабрики, торф предприятийĕ тата ытти хăшпĕр предприятисемпе организацисем колхозсене ниммĕле пулăшу та памаççĕ, юнашки вăхăтра шеф ĕçне тума та пăрахнă.

Хулари парти организацийĕсем хула çумĕнчи колхозсенчи парторганизацисене ĕçсыннисем хушшинче политикăлла тата культурăлла ĕçсем тума пулăшма пултараççĕ, тума тивĕçлĕ те. Колхозсене вылăх-чĕрлĕх фермисенчи ĕçсене механизацилеме, ялхуçалăх машинисене юсама, клубсемпе вулав çурчĕсене оборудовани туса пама пулăшмалла, çавăн пекех колхозсенче ялхуçалăх ĕçченĕсене агрономи наукин çĕнĕ çитĕнĕвĕсемпе ялхуçалăхĕнчи малта пыракан опыт çинчен квалификациллĕ докладсемпе лекцисем вуласа парас ĕçе лайăхлатма та пулăшмалла.

Хула çывăхĕнчи колхозсене çĕрулмипе пахча çимĕçсен тухăçлăхне ӳстерме пулăшасси хулари парторганизацисем умĕнчи пысăк задача пулса тăрать. Предприятисен коллективĕсем хăйсен производство программине тултарас ĕçре чылай чăрмав курмасăрах шефа илнĕ колхозсене теплицăсем туса пама, парник рамисем тума пулăшма пултараççĕ.

Пленумра çакна палăртрĕç: хулари 35 предприятипе организацин хушма хуçалăхĕсем нумай чухне хăйсен тумалли ĕçсене туса пымаççĕ. Хăшпĕр хуçалăхсен çĕрĕсем çинче пахча çимĕç лартса тăвас вырăнне пĕрчĕллĕ культурăсем ытларах акни те пулать. Чылай хушма хуçалăхсем пĕчĕк тухăçлă пахча çимĕç е тырпул туса илеççĕ. Хула Совет исполкомĕ хулари пĕртен-пĕр «14 лет Октября» колхоза çирĕплетес тĕлĕшпе те çителĕксĕр ĕçлет. Колхоз 512 гектар çĕр йышăнать пулин те, унăн пурĕ те 10 ĕне кăна. Кăçал 9 уйăх хушшинче кашни ĕнерен, вăтам шутпа, 700-шер литр çăв сĕт суса илнĕ.

Пленумра тухса каланă юлташсем республикăра тухса тăракан «Советская Чувашия», «Коммунизм ялавĕ», «Çамрăк коммунист» хаçатсемпе радио, Чăваш государство издательстви, краеведени музейĕ тата кино ĕçĕнчи çитменлĕхсене критиклерĕç, вĕсем малта пыракан наука çитĕнĕвĕсемпе ялхуçалăхĕнче малта пыракансен опытне пропагандăлас тĕлĕшпе çителĕксĕр ĕçленине палăртрĕç.

Чăвашгиз директорĕ Александров юлташ республикăра ялхуçалăх литератури кăларас ĕç çителĕксĕр пулса пыни çинчен каларĕ. 1951 çулта ялхуçалăх ыйтăвĕсемпе 59 кĕнеке кăларма палăртнă пулсан, 33 кĕнеке кăна кăларнă, 1952 çулта 46 кĕнеке вырăнне—23, кăçалхи 9 уйăх хушшинче 50 кĕнеке вырăнне 23 кĕнеке кăна кăларнă. 1953 çулта кăларма палăртнă кĕнекесен авторĕсем, Чăваш АССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствинче тата ялхуçалăх институтĕнче ĕçлекенсем, çырма пулнă кĕнекесене çырма васкамаççĕ.

Электроаппаратура заводĕнчи парторганизаци секретарĕ Бугаев юлташ завод коллективĕ шефа илнĕ колхоза радио кĕртсе пама пулни çинчен, минераллă удобренисем турттарса пама, Октябрьти Социализмла Аслă революци 36 çул тултарнă тĕле колхоза электрификацилесе çитерме пулни çинчен пĕлтерчĕ. Заводри парторганизаци колхозра партипе правительство ялхуçалăхне малалла аталантарасси çинчен йышăннă постановлени тăрăх лекцисемпе докладсем иртерме, заводăн художествăлла пултарулăх коллективĕн вăйĕпе концертсем иртерме палăртнă. 1954 çулхи çуркунне валли колхозра парник туса çитереççĕ. Заводри парторганизаципе дирекци завод коллективĕ шефа илнĕ колхоза малти вырăна кăларма задача лартнă.

Заводра колхозсемпе МТС-сене ялан лăха ĕçлеме кайма кăмăл тунă инженерсемпе техниксем чылай. Анчах та республикăри Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерстви вĕсене колхозсемпе МТС-сене ĕçлеме ярассине тăсса пырать.

Прениre çавăн пекех Лебедев (ялхуçалăх институтĕнчи парторганизаци секретарĕн заместителĕ), Фомичев («Росглаввино» совхозĕн директорĕ), Цветков (Чебторг директорĕ), Иванова (хула Совет исполкомĕн ялхуçалăх пайĕн заведующийĕ), Алфер (ВЛКСМ хула комитечĕн секретарĕ), Кузьмина (Пĕтĕм Союзри политикăлла тата наукăлла пĕлӳсем сарас тĕлĕшпе ĕçлекен обществăн Чăваш республикинчи отделенийĕн секретарĕ), Михайлов (КПСС хула комитечĕн секретарĕ) тата ытти юлташсем тухса каларĕç.

Пленум КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ тата партин Чăваш обкомĕн VII-мĕш пленумĕ йышăннă постановленисене пурнăçлас тĕлĕшпе тумалли ĕçсене палăртрĕ.

# Государство уйăрса панă вăрманпа туллин усă курас пулать

Вырăнти хуçалăха ăнăçлăн аталантарса пыма пирĕн пур условисем те çителĕклĕ. Çак условисенчен пĕри вăл—халăх хуçалăхне кирлĕ таран йывăç парса тăни пулать. Кăçалхи çул республикăн вырăнти хуçалăха аталантарма 470 пин кубометр йывăç уйăрса панă. Çак йывăç халăх хуçалăхĕн чи кирлĕ ыйтăвĕсене татса пама май парать.

Вырăнти промышленность предприятийĕсем, промысла кооперацин артелĕсем йывăçран халăха кирлĕ япаласем нумай туса кăлараççĕ. Çавăнпа та уйăрса панă йывăçпа туллин тата пĕлсе усă курасси питĕ кирлĕ ĕç пулса тăрать. Анчах хăшпĕр министерствăсемпе кооперaци союзĕсен хăйсене панă йывăçпа туллин тата кирлĕ пек усă кураймаççĕ-ха. Акă, Вырăнти тата топливо промышленность министерствине илер. Кăçалхи çул ку министерствăна 138 пин кубометр йывăç уйăрса панă. Çав шутран вара 5 пин кубометра яхăн йывăça асăннă министерствăна пăхăнса тăракан предприятисем ку таранах çитсе те вăрман хуçалăхĕсенчен йышăнман. Унсăр пуçне, предприятисен руководителĕсем тăрăшман пирки, уйăрса панă йывăça касса хатĕрлес ĕç те япăх пулса пырать.

Çак предприятисем касса хатĕрленĕ йывăça турттарса кăларасси çине питĕ çиелтен пăхаççĕ. Çавна пула вара касса хатĕрленĕ темиçе пин кубометр йывăç вăрманта выртать. Тĕслĕхрен, Йĕпреç вăрманпромхозĕн паянхи куна 3 пин кубометр ытла йывăç вăрманта выртать. Ку вăрманпромхозăн машинăсем те, лашасем те çителĕклĕ. Вĕсене туллин ĕçлеттерес пулсан, каснă йывăça кĕске вăхăт хушшинчех турттарса кăларма пулать. Анчах вăрманпромхоз руководителĕсем çак кирлĕ ĕç çине сӳрĕккĕн пăхаççĕ. Çав вăхăтрах Вырăнти тата топливо промышленность министерствине пăхăнса тăракан предприятисем йывăçран халăха кирлĕ япаласем сахал туса кăлараççĕ, правительство панă задание пурнăçласа пымаççĕ. Уйрăмах сĕтел-пукан, урапа-çуна тата ытти йывăç хатĕрсем туса кăларасси питĕ сӳрĕккĕн пырать. Кăçал 9 уйăхри плана çак япаласем тăрăх нумай предприятисем тултараймарĕç. Вĕсен шутĕнче—Канаш, Ишлей, Пăрачкав, Сĕнтĕр, Вăрмар тата ытти райпромкомбиначĕсем. Унсăр пуçне, йывăçран туса кăларакан япаласен пахалăхĕ питĕ çителĕксĕр. Сĕнтĕрвăрри, Шăмăршă тата ытти райпромкомбиначĕсем продукци пахалăхне лайăхлатассишĕн çителĕксĕр кĕрешеççĕ. Çавăнпа ĕнтĕ ку предприятисем туса кăларакан урапасемпе çунасем питĕ япăх. Колхозсем ăна илесшĕн мар. Çавăнпа та Сĕнтĕрвăрри райпромкомбиначĕ çак урапа-çунасене хамăр республика тулашĕнче сутать. Çапла майпа вырăнти нушасене тивĕçтерме панă йывăç ытти çĕре каять.

Вырăнти тата топливо промышленность предприятийĕсене хальхи вăхăтра йывăçран япаласем тумалли плана ăнăçлăн тултарма питĕ лайăх условисем туса панă. Ку системăнах вăрманпромхозсем те [illegible] Çапла вара, производство валли кирлĕ таран йывăç хăйĕнес ыйтăва ку министерство хăех ăнăçлăн татса пама пултарать. Ку ĕçе ăнăçлă тăвас тесен, йывăç касса хатĕрлесси çине тимлĕн пăхни, ăна куллен ертсе пыни кирлĕ. Анчах паянхи куна çавăн пек ĕçлени сисĕнмест-ха.

Пирĕн республикăри халăх хуçалăхĕнче промысла кооперацийĕ палăрмалла вырăн йышăнса тăрать. Вăл халăха кирлĕ япаласем 156 миллион тенкĕлĕх туса кăларать. Çав шутран вара 50 миллион тенкĕлĕх япала йывăçран тумалла. Çак плана ăнăçлăн тултарма промысла кооперацийĕн артелĕсене кăçал 102 пин кубометр йывăç уйăрса панă. Çак йывăçпа кирлĕ таран усă курма, халăха çителĕклĕ таран сĕтел-пукан, урапа-çуна, строительствăра кирлĕ хатĕрсем туса кăларма промысла кооперaци артелĕсене пур условисем те туса панă. Ĕç вăйĕ çителĕклĕ, йывăçран япаласем туса кăлармалли машинăсем, станоксем пур. Апла пулин те, йывăçран япаласем туса кăлармалли план çулсеренех пурнăçланса пымасть. Çакăн сăлтавĕ, чи малтанах, уйăрса панă йывăçпа туллин усă курманнинче пулать. Промысла кооперaци артелĕсем уйăрса панă йывăça хăй вăхăтĕнче йышăнман пирки 4 пин кубометр ытла йывăça илеймесĕр юлчĕç.

Промысла кооперaци системинче йывăçран япаласем туса кăларакан артельсем пур. Вĕсене «Чувашдревпромсоюз» пĕрлештерсе тăрать. Анчах çак кооперaци союзĕ хăйĕн задачине начар пурнăçласа пырать. Вăл халĕ вăрçă вăхăтĕнче туса кăларнă чухлĕ те продукци параймасть, çав вăхăтрах йывăç уйăрса парасси чакманпа пĕрех. Кăçалхи 8 уйăхри плана «Чувашдревпромсоюза» пăхăнса тăракан артельсем 94 процент кăна тултарчĕç, халăх хуçалăхне кирлĕ продукцие темиçе миллион тенкĕлĕх туса кăлараймарĕç.

«Чувашдревпромсоюзăн» ертсе пыракан работникĕсем артельсен ĕçне кирлĕ таран асăрхаса пымаççĕ, вĕсене кирлĕ пулăшу памаççĕ. Çавăнпа та артельсенче йĕркесĕрлĕх питĕ нумай. Акă, Çĕмĕрле районĕнчи Мăн Улхашри «Лесоруб» артелех илер. Вăл—пысăк артельсенчен пĕри, унăн вăрман çителĕклĕ, хăй те вăл вăрман варринчех ларать. Анчах вăл çулсеренех хăйне панă плана тултараймасть, мĕншĕн тесен уйăрса панă йывăçпа кирлĕ пек усă курмасть. Кăçалхи çул ăна 3.300 кубометр йывăç уйăрса панă. Ку йывăç производство планне тултарма çителĕклĕ. Апла пулин те, цехсене туллин ĕçлеттерме йывăç çук. Касса хатĕрленĕ йывăça вăрмантан турттарса кăларас тĕлĕшпе çителĕксĕр ĕçлеççĕ. Калас пулать, ку артелĕн туртăм вăйĕ çителĕклĕ: унăн виçĕ автомашина, 14 лаша пур. Сентябрь уйăхĕн 4-мĕшĕпе 10-мĕшĕсенче çанталăк лайăх, çул ака пулнă пулин те, вăрмантан йывăç турттарас ĕçе кирлĕ пек организацилемен, 2 машина ĕçсĕр ларнă е урăх ĕçре пулнă. 600 кубометр йывăç вăрмантах юлнă.

Артелĕн 16 йышши япала туса кăлармалла. Йывăç вăрмантан çителĕклĕ килменнипе [illegible], ĕç вăйĕпе пĕлсе усă курман пирки вăл [illegible] йышши япала кăна туса кăларать. Халăха кирлĕ япаласем вара, арчасăр пуçне, туса кăлармаççĕ.

Колхозсем валли урапа-çуна туса кăларас вырăнне, кунта катка-пичке тата ешĕк хăмисем туса республика тулашне ăсатаççĕ. Çавăн пекех артель сĕтел-пукан туса кăлармалли плана та тултармасть. Артель председателĕ Синев юлташ производство ĕçĕпе сахал интересленет, артель членĕсем хушшинче организациллĕ ĕçе япăх туса пырать.

«Чувашдревпромсоюзăн» çавăн йышши артельсем татах пур. Йĕпреç районĕнчи «Кооплеспром» артель хăйне панă йывăçпа тĕрĕс усă курмасть, пуян оборудованию, машинăсемпе станоксене çителĕксĕр ĕçлеттерет. Унсăр пуçне, производство планне тултарма уйăрса панă йывăça урăх çĕре сутса янă фактсем те пулнă. Нумаях пулмасть Ростов облаçĕнчи совхоза темиçе пин кубометр йывăç сутса янă.

Хальхи вăхăтра вырăнти тата топливо промышленность, промысла кооперацийĕн предприятийĕсем умĕнче ответлă задача тăрать. Вĕсен хăйсене уйăрса панă йывăça пĕтĕмĕшпех касса хатĕрлемелле тата турттарса кăлармалла. Райпромкомбинатсемпе артельсен япаласем тума юрăхлă йывăça производство планне тултарма кирлĕ чухлĕ хатĕрлесе хумалла. Унсăр пуçне, вĕсен хĕллехи вăхăтра пĕр чарăнмасăр ĕçлеме вутă çителĕклĕ таран хатĕрлесе хумалла. Ку ĕç халĕ чылай предприятисемпе артельсенче япăх пырать. Çĕмĕрле районĕ—вăрман тĕлĕшĕнчен пуян район. Анчах ку районти промкомбинат, Ширшов ячĕпе тăракан артель тата Мăн Улхашри «Лесоруб» артельсен кирлĕ таран хатĕрлесе хунă вутă çук.

Ялхуçалăхне ăнăçлăн аталантарса пыма, вылăх-чĕрлĕх витисем тума колхозсене çулсеренех нумай вăрман уйăрса параççĕ. Кăçалхи çул вĕсене 300 пин кубометра яхăн йывăç уйăрса панă. Колхозсен хăйсене панă йывăçпа туллин усă курма тăрăшмалла. Анчах хăшпĕр районсенчи колхозсем хăйсене панă йывăça вăхăтра касса хатĕрлемеççĕ, вылăх-чĕрлĕх витисем тумалли плана пурнăçламаççĕ. Хĕрлĕ Чутай районĕнчи колхозсем 1.350 кубометр йывăça, Ишлей районĕнчи колхозсем 1.200 кубометр йывăça халĕ те вăрман хуçалăхĕсенчен йышăнман. Çавăн пекех Муркаш, Йĕпреç, Канаш, Красноармейски районĕсенчи колхозсем те хăйсене панă йывăça халĕ те йышăнман.

Вырăнти хуçалăха аталантарма уйăрса паракан йывăçпа туллин усă курмалла. Министерствăсем, промысла кооперацийĕн руководителĕсем тата райисполкомсем ку ĕç çине тимлĕн пăхма, уйăрса панă пĕр кубометр йывăç та сая ан кайтăр тесе тăрăшма тивĕç.

П. ИВАНОВ.

### Медицина работникĕсем тăрăшса вĕренеççĕ

ЙĔПРЕÇ. Иртнĕ çулсенче районти больницăра ĕçлекен медицина работникĕсене парти вĕренĕвне сахал хутшăнтарнă. Кăçал вĕсене парти вĕренĕвне йышлăн хутшăнтарас тесе, кунта уйрăм кружок организациленĕ.

Кружок хăйĕн ĕçне вăхăтра пуçларĕ. Унта пурĕ 26 çын вĕренет. Кружокăн малтанхи занятийĕсем йĕркеллĕ иртрĕç. Вĕренекенсем занятисене пĕр сиктермесĕр çӳреççĕ, хăйсен политикăлла пĕлĕвĕсене ӳстерме тăрăшса вĕренеççĕ.

Г. РУСАНОВ,
кружок руководителĕ.

### Райком пленумĕ вылăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕç мĕнле пыни çинчен

ШĂМĂРШĂ. КПСС райкомĕн пленумĕ пулса иртрĕ. Пленум районта вылăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕç мĕнле пулса пыни тата обществăлла вылăх-чĕрлĕхе хĕл каçарма мĕнле хатĕрленни çинчен КПСС райкомĕн секретарĕ А. Иванов юлташ тунă доклада сӳтсе яврĕ.

Сентябрĕн 1-мĕшĕ тĕлне лаша ĕрчетмелли плана район 105,5 процент тултарнă. Ытти вылăхсем енĕпе план пурнăçланман.

Чылай колхозсенчи парторганизацисем вылăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçпе ытла та сахал интересленеççĕ. Сăмахран, «Родина», «Мекш», колхозсенчи парторганизацисем вылăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕç çинчен кăçал парти пухăвĕсенче пĕрре те сӳтсе явман. Районти колхозсен вылăх-чĕрлĕх фермисенче 27 коммунист тата 60 комсомолец анчах ĕçлет.

Пленум вылăх-чĕрлĕх йышĕпе унăн тухăçлăхне хăпартма палăртса тивĕçлĕ решени йышăнчĕ.

А. КУЗНЕЦОВ,
Н. ЯРХУНОВ.

*„Коммунизм ялавĕ" хаçатра çырнă хыççăн*

### „Манăçа юлнă фельетонсем"

«Коммунизм ялавĕ» хаçатра августăн 16-мĕшĕнче пичетленсе тухнă «Манăçа юлнă фельетонсем» ятлă çырура Хĕрлĕ Чутай районĕнчи «Çĕнтерӳ çулĕ» хаçатра пичетленнĕ хăшпĕр фельетонсем тăрăх тивĕçлĕ мерăсем йышăнманнине, критикăллă материалсен витĕмлĕхĕшĕн кирлĕ пек тăрăшманнине кăтартса панăччĕ.

КПСС Хĕрлĕ Чутай райкомĕ çырура, пĕтĕмĕшпе илсен, фактсене тĕрĕс кăтартса пани, районти хăшпĕр учрежденисен руководителĕсемпе пуçламăш парторганизаци секретарĕсем «Çĕнтерӳ çулĕ» хаçатра пичетленнĕ критикăллă материалсем тăрăх вăхăтра кирлĕ мерăсем йышăнманни, мерăсем йышăнни çинчен районти хаçат редакцине пĕлтермесĕр тăни пулни çинчен пĕлтерчĕ. Районти хаçатра пичетленнĕ критикăллă материалсен витимлĕхĕшĕн кĕрешесси мĕнле тăни тата ку енĕпе халиччен пулнă çитменлĕхсене пĕтересси çинчен КПСС райкомĕн бюро ларăвĕнче сӳтсе явнă.

КПСС райкомĕ кунпа пĕрлех «Манăçа юлнă фельетонсем» ятлă çыру авторĕ М. Тарасов юлташ хăшпĕр фактсене тĕрĕс мар кăтартни çинчен пĕлтерчĕ.

# Ялта, çак кунсенче

*Писатель блокнотĕнчен*

Çав тери сумăрлă çанталăкра эпир пĕр кунхине Шупашкартан Елчĕке тухса кайрăмăр. Елчĕк çулĕ кĕске мар, анчах лайăх, шанчăклă çул. Çăмăл машина пире çăмăллăнах çитес çĕре çитерчĕ. Республика çулĕсем тăрăх çапла кирек епле çанталăкра та тухса çӳреме май пурри чăннипех те савăнтарать.

— Пирĕн района килме çул лайăх пулнине Шупашкарсем, çав шутрах чăваш писателĕсем те, пĕлсех те çитеймен пулĕ-ха,—теççĕ Елчĕкре,—сайра килеççĕ пирĕн еннелле, çывăхарах çĕрсене çӳреме хăнăхнă пулĕ çав... Пирĕн çынсем вĕсене курасшăн, интересленекен çынсемшĕн пирĕн те курмалли-пĕлмелли, интереслелмелли нумай.

Чăнах та, курмалли-пĕлмелли кунта нумай. Елчĕк енĕ—хир енĕ, хура тăпраллă, пуян тырпул туса тăракан район. Кунти чăвашсен юррисем илемлĕ, чĕлхи таса, ялĕсем хăйне евĕр сăн-сăпатлă. Çак районра вăл—Ворошилов ячĕпе тăракан паллă та мухтавлă колхоз.

Елчĕк районĕ пĕтĕм аслă Тăван çĕршыв пурăнакан хĕрӳллĕ те ĕçчен пурнăçпа пурăнать. Районри колхозниксем кăçал, МТС хăватлă пулăшнипе, ялхуçалăх ĕçĕсене пĕлтĕрхинчен нумай маларах та ăнăçларах туса иртгернĕ. Район республикăра малта пыракан районсен хисепĕнче тăрать, Чкаловски районпа ăмăртать. Уй-хирти пуян тыră-пулла вăхăтра вырса пĕтернĕ, вăрахине хăвăрт иртгернĕ, çитес çул валли çителĕклĕх вăрлăхсем хывса хăварнă, государство умĕнчи парăмсене нумайăшне çийĕнчех парса татнă. Халь колхозниксен умĕнче мĕнпур ĕçсене хăвăртрах вĕçлес задача тăрать. Пур ĕçре те колхозниксене СССР Верховнăй Совечĕн V-мĕш сессийĕн решенийĕсем, Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн сентябрь уйăхĕнче пулса иртнĕ Пленумĕ йышăннă решенисем хавхалантараççĕ.

Эпир КПСС райком секретарĕн кабинетĕнче ларатпăр. Кунта партипе совет работникĕсен районри активĕ пухăннă. Пухăннă çынсем тин çеç колхозсенчен таврăннă, халь каллех колхозсене салансĕ.

Партин Центральнăй Комитечĕн сентябрьти пленумĕн решенийĕсене колхозниксем хушшинче ăнлантарса парас тĕлĕшпе районра пысăк ĕçсем туса иртгернĕ. Коммунистсем, комсомолецсем, пĕтĕм интеллигенци хутшăннă ку ĕçе. Халь вăл ĕçе татах сарса ямалла, партипе правительство йышăннă паха решенисене кашни колхознике ăнлантарса памалла, вĕсене çав решенисене ăнăçлăн пурнăçлас ĕçе мобилизацилемелле.

Пленум решенийĕсем парти умне, пĕтĕм совет халăхĕ умне калама çук пысăк та пархатарлă задачăсем кăларса тăратрĕç: ялхуçалăхĕн пĕтĕм отраслĕсене хăвăрт çĕклесе ямалла, çитес ик-виçĕ çул хушшинче пирĕн çĕршыв çыннисене ялхуçалăх продукчĕсем çителĕклĕ таранах парса тăмалла тата çăмăл промышленноçпа апат-çимĕç промышленноçне кирлĕ чухлĕ чĕртавар тăратмалла. Çапла туса, совет халăхĕн, колхоз ĕçсыннийĕсен материальнăй пурнăç шайне тата çӳлерех çĕклемелле. Тата тулăхрах пурнăçпа пурăнччăр совет çыннисем, тата телейлĕрех, илемлĕрех, савăнăçлăрах пултăр вĕсен пурнăçĕ!

Пĕтĕм халăха çĕнĕрен вăй хунса хавхалантаракан çак тĕп задачăна пурнăçлама ялхуçалăх органĕсенче, МТС-сенче, колхозсенче нумай-нумай ĕçсем туса иртермелле. Пленум решенийĕсене колхозниксене ăнлантарса панипе пĕрлех, çав ĕçсенчен нумайăшне вăраха ямасăр, халех тума тытăнмалла. Вĕсене халех тума тытăннă та ĕнтĕ кунта.

Райком секретарĕ Георгий Алексеевич Алексеев, вăтам çулсене çитнĕ çутам кĕлеткеллĕ, тулли сăн-питлĕ, кĕмĕлленнĕ çӳçĕсене тирпейлĕн каялла шăлса якатса хунă çын, хăй умне «Правда» хаçатăн кирлĕ номерĕсене уçса хунă, унта КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕн решенийĕсем, Н. С. Хрущев юлташăн докладĕ. Секретарь çак историллĕ документсенчи кашни паллăрах вырăна хĕрлĕ кăранташпа турта-турта тухнă, вĕсенчен хăшне халех пурнăçлама тытăнмаллине умри тетрачĕ çине çырса илнĕ. Савсем çинчен вăл колхозсене тухса каякан юлташсене каласа парать, ни кирлĕ ĕçсенчен паян мĕн тумаллине асăрхаттарать.

Пленум решенийĕсене пурнăçлама тытăннă май, колхозсене ертсе пыракан кадрсене пăхса тухнă, районти ялхуçалăх специалисчĕсене пурне те хисепе илнĕ. Агрономсем кунта 17 çын шутланаççĕ, зоотехниксем—12, ветеринари ĕçĕнче ĕçлекенсем—11. Районра 30 колхоз. Кашни колхоза 1—2 специалист пултăр тесен, специалистсем татах кирлĕ пулаççĕ. Специалистсене халех колхоза ĕçлеме ярас тĕлĕшпе кунта çителĕксĕр ĕçлеççĕ-ха. Эпир пулнă вăхăтра мĕн пурĕ те пĕр специалист, МТС агрономĕ Кудрявцев юлташ, парти чĕннине ырласа, хăйне колхоза ĕçлеме яма ыйтса заявлени пачĕ. Райком Кудрявцев юлташăн заявленине сийĕнчех пăхса тухрĕ, ăна «Смычка» колхоза яма йышăнчĕ.

Çак кунсенче колхозсем обществăлла вылăх-чĕрлĕх хисепне планра палăртнă шая çитерес енĕпе çине тăрса ĕçлеççĕ.

Савсем çинчен калать Алексеев юлташ, çак ĕçсемпе пурăнать паян Елчĕк районĕ.

* * *

Ялхуçалăхне хăвăрт çĕклесе аталантарас ĕçре машинăпа трактор станцийĕсем калама çук пысăк вырăн йышăнса тăраççĕ, вĕсен пĕлтерĕшĕ тата çӳлерех çĕкленет. Елчĕк районĕнче пĕр МТС. Вăл пĕчĕккĕ мар. Унта комбайнсен шучĕ аллăран иртет, тракторсем çĕрçирĕм ытла. Ытти тĕрлĕрен машинăсем нумай. МТС-ра мĕн пурĕ 650 çынна яхăн ĕçлет, трактор бригадисем 19. Ку çав тери пысăк вăй.

Елчĕк МТС-ĕ кăçал ялхуçалăх ĕçĕсене вăхăтра та ăнăçлă туса иртгернĕ, трактор бригадисем халь колхозсенче вĕçленеймен ĕçсене вĕçлеççĕ, авăн çапаççĕ, кĕрхи сĕртме тăваççĕ, силос хываççĕ, вăл ĕçсем те çак çывăх кунсенчех пĕтмелле, вара машинăсене ремонт тума тытăнмалла.

Партин Центральнăй Комитечĕн пленумĕ МТС-сем умне лартнă пысăк задачăсене ăнăçлă пурнăçлас тесен, МТС-ра ялан ĕçлекен механизаторсен кадрĕсене вĕрентсе хатĕрлемелле. Эпир пынă вăхăтра Елчĕк МТС директорĕ Никифор Григорьевич Гришин юлташ хăйĕн работникĕсемпе МТС-ра ăлĕк ĕçленĕ трактористсен списокне тĕрĕслесе ларатчĕ. Ун пек çынсенчен 40 çын ытла палăртнă та ĕнтĕ районра, палăртмалли татах та пулмалла. Вĕсене каялла МТС-а ĕçлеме куçма чĕнсе çырусем ячĕç. Çак кунсенче районра вĕсен канашлăвĕ пулмалла.

Директор кабинетне çамрăк трактористсем, вĕсен помощникĕсем, ытти механизаторсем пĕрин хыççăн тепри кĕрекĕре тухаççĕ.

— Мана Канашри ялхуçалăх механизаторĕсен шкулне вĕренме яма ыйтатăп, малалла вĕренес килет,—тет пĕр çамрăк йĕкĕт, директора заявлени тыттарса.

Йĕкĕтĕн пичĕ-куçĕсем, хура шалаварĕпе ватăллă кĕске пиншакĕ машина, сăвăпе, тĕтĕм-сĕрĕмпе хуралса пĕтнĕ. Хускавлă куçĕсем директор çине шăтарасла пăхаççĕ. Пысăк ĕмĕтпе килнĕ çамрăк хăйĕн ыйтăвĕ епле татăласса тӳсеймесĕр кĕтсе тăрать.

Директор унăн хучĕсемпе паллашать, каччăн ĕçĕпе кăтти пурнăçĕ çинчен ыйтса пĕлет.

— Юрать, килĕшетпĕр,—тет вăл, кăмăллăн.—Кайса вĕрен. Лайăх вĕренсе кил.

Йĕкĕт директора чĕререн тав тăвать. Машина çăвĕпе сăрланса çуталнă лапчăк картусне арпашнă çӳçĕсем çине пуçса лартать те кабинетран савăнăçлăн тухса каять.

— Хăватлă тракторсем çинче, комбайнсем çинче ĕçлеме вĕренмешкĕн кăçал Канаша 60 çын ямалла,—тет Гришин юлташ.—Хамăр МТС-а та кирлĕ пулаççĕ, килес çул пирĕн районра тата тепĕр МТС организацилеме палăртнă...

МТС вулав пӳлĕмне трактор бригадисен бригадирĕсем канашлăва пухăннă. Вĕсем хăйсен бригадисенче паян куна ĕçсем епле пыни çинчен, мĕн тумалли юлни çинчен вĕçкĕн çеç, рапорт панă пек каласа параççĕ, çитес кунсенче мĕн тумалли пирки кăтартусем илеççĕ.

Эпир бригадирсемпе калаçатпăр.

Пирĕн умра 13-мĕш бригада бригадирĕ Андрей Егорович Егоров. Тиншĕмскер хăй, çивĕч сăн-питлĕ. Вăл 1942 çулта трактор çинче ĕçлеме пуçланă, 1949 çултанпа бригадир пулса ĕçлет.

— Пирĕн трактор бригадинче 7 трактор, 7 плуг, 5 комбайн, 1 сложнăй молотилка, тырă вырмалли машинăсем—5, культиваторсем — 5, тырă акмалли машинăсем—5, ытти тĕрлĕ машинăсем те пур. Эпир Киров ячĕпе тăракан колхозра вырнаçнă. Бригада кăçал уй-хир ĕçĕсене вăхăтра та лайăх туса пычĕ. Çуракине 10 кун хушшинче туса пĕтертĕмĕр. Ун чухне уйрăмах трактористсем-комсомолецсем М. Семеновпа А. Краснов лайăх ĕçлерĕç, кулленхи смена нормисене ытлашшипех тултарса пычĕç. Семенов хĕлле Совет Çарĕнчен таврăнчĕ, трактористсен курсĕнче вĕренсе тухрĕ те чăн-чăн совет салтакĕ пек ĕçлерĕ. Тырă вырнă вăхăтра комбайнсем вăйлă ĕçлерĕç: комбайнсемпе 700 гектар ытла выртăмăр. Самоходнăй комбайнпа А. Павлов, «Коммунар» комбайнпа П. Осипов пуринчен малта пычĕç. КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти пленумĕ йышăннă решенисене эпир хамăр бригадăра питĕ хавхаланса кĕтсе илтĕмĕр, тĕплĕн сӳтсе яврăмăр. Коммунистсен партийĕ ялхуçалăхĕнчи механизаторсем çине питĕ пысăк шанчăк хурать. Пире лайăх условисем туса парать. Трактористсен ĕç условийĕсем халь те начар мар, малашне вĕсем тата лайăхрах пулаççĕ. Сăмахран, иртнĕ çул эпĕ 800 ĕçкунĕ тунă, кăçал 900 яхăн пулать. Вĕсемшĕн эпĕ укçа халлĕн 4 пин тенкĕ таран, тырă 200 пăт таран илетĕп. Тата арăмăн та колхозра ĕçкунĕсем чылаях пур. Пурнăç çителĕклĕх пирĕн. Партипе правительство ялхуçалăх механизаторĕсемшĕн çапла тăрăшни пире тата хастартăрах ĕçлеме хавхалантарать. Хамăр çĕршывра ялхуçалăх продукчĕсем нумайран та нумай тăвассишĕн эпир вăя шеллемесĕр ĕçлĕпĕр. Халиччен эпир акасуха тунă, авăн çапнă та пирĕн ĕçĕ те пĕтнĕччĕ. Малашне апла пулмалла мар. Пирĕн çĕрулми лартса тăвас ĕçе те, вылăх-чĕрлĕх пăхас тĕлĕшпе те чи йывăр ĕçсене çăмăллатмалла, механизацилемелле пулать, силос хывас ĕçе те пĕтĕмĕшпех хутшăнмалла. Кăçал эпир икĕ колхозра 400 тонна силос хыврăмăр. Колхозниксем хушшинче те, механизаторсем хушшинче те халь пысăк çĕкленӳ: пурнăç лайăххран та лайăх пулса пырать, теççĕ халăхра. Хамăрăн çанăсене таварса ĕçлемелли кăна юлать, теççĕ.

Пирĕн калаçăва 12-мĕш бригада бригадирĕ Федор Васильевич Якимов хутшăнать. Унăн бригади «Автогигант» колхозра, Курнавăш ялĕнче тăрать.

Ф. В. Якимов çирĕп кĕлеткеллĕ, вăйпитти çын, коммунист. Вăл 1935 çултанпа трактор çинче ĕçлет, 1942 çултанпа бригадир, хăйĕн ĕçĕнче нумай йывăрлăхсем курнă, нумай йывăрлăхсене çĕнтернĕ, пысăк опыт илнĕ. Сăмаххисем унăн çирĕппĕн, сулмаклăн тухаççĕ.

— Пирĕн 12-мĕш бригада та кăçал хытă тăрăшса ĕçлерĕ,—тет Якимов юлташ.—Трактористсем коммунист М. Смирнов, В. Никонов, комбайнерсем А. Ефи-

# Ялхуçалăх налогне вăхăтра пухса пĕтермелле

Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви ялхуçалăхне малалла аталантарас тĕллевпе туса ирттерекен ĕçсем хушшинче колхозниксене обществăлла хуçалăха аталантарма пурлăх тĕлĕшĕнчен ытларах хавхалантарма мерăсем йышăннин пĕлтерĕшĕ уйрăмах пысăк. Кăçалтан пуçласа, государствăна обязательнăй йĕркепе паракан тата колхозсем хатĕрлев организацийĕсемпе тунă договорсем тăрăх сутакан аш-какай, сĕт, çăм, çĕрулми тата пахча çимĕç хакĕсене ÿстерни. Çавăнпа пĕрлех колхозниксем хăйсен килĕнчи хуçалăхсенчен обязательнăй йĕркепе ялхуçалăх продукчĕсем памалли нормăсене, вĕсен хуçалăхĕсен тупăшĕсенчен илмелли ялхуçалăх налогĕн хисепне чылай чакарнă. Çакă вăл колхоз хресченĕсен тупăшне чылай ÿстерет.

Ялхуçалăх налогĕ çинчен йышăннă çĕнĕ закон тăрăх, колхозниксем килти хуçалăхран хăйсем усă куракан çĕр участокĕ мĕн пысăкăшĕ пулнине кура ялхуçалăх налогĕ тÿлессĕ. Ялхуçалăх налогĕн пĕтĕм суммине 1953 çулта 4.137 миллион тенкĕ чухлĕ е 43 процент чакарнă, çитес çул çав налога илнипе пухăнакан пĕтĕм укçа-тенкĕн хисепĕ, 1952 çулхипе танлаштарсан, икĕ хут çурă ытла чакать.

Партипе правительство ĕçсыннисен пурнăçне лайăхлатма ялан хытă тăрăшнипе хавхаланса, колхоз хресченĕсем нумайăшĕ государство умĕнчи обязательствăсене вăхăтра пурнăçлассĕ, ялхуçалăх продукчĕсене, укçа-тенкĕ парăмĕсене срокра тата срокченех парса татассĕ. Ĕçсыннисен политикăлла пурнăçри тата ĕçри активлăхĕ ÿснине кура, пирĕн республикăри Канашпа Улатăр хулисенче халăх укçа-тенкине мобилизацилемелли плана ăнăçлă тултарса пырассĕ.

Малта пыракан чылай ял Совечĕсем финанс планне кашни кварталтах ăнăçлă пурнăçлассĕ, вĕсем колхозниксен килти хуçалăхĕсенчен кăçал илмелли ялхуçалăх налогне пухса пĕтерне ĕнтĕ. Муркаш районĕнчи Панкли, Йÿçкасси, Капмаш тата Муркаш ял Совечĕсенче, Куславкка районĕнчи Воробьевка ял Советĕнче ялхуçалăх налогĕ пухасси ăнăçлă пулса пырать. Вĕсем çак çитĕнĕве мĕнле майпа тума пултарнă-ха? Кунта кăш колхозникăн ялхуçалăх налогĕ мĕн чухлĕ пумаллине вăхăтра шутласа кăларнă, камăн мĕн чухлĕ тÿлемелли çинчен çийĕнчех пĕлтернĕ. Ялхуçалăх продукчĕсем сутса налог тÿлемешкĕн укçа хатĕрлеме шут тытнă колхозниксем пĕрле пухăнса пасара каяссине организациленĕ, вĕсене автомашинăсемпе е лавпа илсе кайсси çинчен колхоз правленийĕсемпе калаçса татăлнă. Кун пек ял Совечĕсем финанс ĕçне конкретлă ертсе пырассĕ, кам налог хăçан парса татнине кунтан-кун тĕрĕслесе тăрассĕ.

Налогсем пухмалли плана вăхăтра тата ăнăçлă тултарасси ялта политикăллапа массăлла ĕçе мĕнле йĕркеленинчен чылай килет. Шупашкар районĕнчи Ленин ячĕпе тăракан колхозри пуçламăш парторганизаци секретарĕ Макаров юлташ колхоз бригадин пухăвĕнче ялхуçалăх налогĕ пирки кăларнă çĕнĕ закон çинчен тĕплĕн ăнлантарса панă. Çу пукура колхозник Никитин юлташ тухса каланă. Вăл Коммунистсен партийĕпе Совет правительствине ĕçсыннисемшĕн тăрăшнăшăн чунтан тав тунă, ялхуçалăх налогне срокчен тÿлесе татма сăмах панă, ытти колхозниксене те налог укçине хăвăртрах тÿлеме чĕннĕ. Унăн чĕнĕвне пухури колхозниксем ырланă. Вĕсенчен нумайăшĕ ялхуçалăх налогне те, ытти укçа-тенкĕ парăмĕсене те кĕске вăхăт хушшинчех пĕтĕмпех тÿленĕ.

Шупашкар районĕнчи пур колхозсенче те ялхуçалăх налогĕн çĕнĕ законĕ çинчен ăнлантарса пама ĕçсыннисен пухăвĕсене ирттернĕ. Районти финанс работникĕсемпе ял Совечĕсем Октябрь уявĕ умĕнхи социализмла ăмăртура илнĕ обязательствăсенче 1953 çулхи ялхуçалăх налогне ноябрĕн 5-мĕшĕ тĕлне пĕтĕмпех пухса çитерме пулнă. Çак пуçарăва ытти районсене те сарни, паллах ĕнтĕ, финанс планне пурнăçлас ĕçе лайăхлатма май парать.

Райсовет исполкомĕсем, финанс органĕсем, ял Совечĕсем пурте укçа-тенкĕ пухас ĕçе оперативлă та конкретлă ертсе пырсан, халăх укçа-тенкине мобилизацилес ĕç, çав шутра ялхуçалăх налогĕ пухас ĕç те, ăнăçлă пулса пырать. Анчах хăшпĕр райсоветсен исполкомĕсем укçа-тенкĕ пухас ĕç çине тимлĕн пăхмассĕ, çак ĕçе финанс работникĕсемпе ял Совечĕсем хăйсем тĕллĕнех пурнăçласа пырассине шанассĕ. Райсоветсен исполкомĕсемпе ял Совечĕсем укçа-тенкĕ пухас енĕпе пахa решенисем сахал мар йышăнассĕ, анчах çав решенисене пурнăçлас ĕçе организацилемессĕ, финанс ĕçĕнче малта пыракансен опытне анлă сарма сахал тăрăшассĕ. Çав тĕп сăлтавсене пула, нумай районсенче финанс планне тултарас ĕç кирлĕ пек пулса пымасть.

Виççĕмĕш кварталти итогсенчен республикăра ялхуçалăх налогĕ пухасси уйрăмах кая юлса пыни курăнать: ку налога пухмалли плана республикипе 45,1 процент çеç тултарнă. Ку ĕçре Шăмăршă, Çĕмĕрле, Хĕрлĕ Чутай, Йĕпреç тата Калинино районĕсем уйрăмах нумай кая юлнă. Çак ĕçе лайăхлатма халех тивĕçлĕ мерăсем йышăнмалла.

Вырăнти партипе совет органĕсен руководителĕсен финанс ĕçĕ мĕншĕн кая юлнине лайăх тĕпчесе вĕренмелле, ку ĕçри çитменлĕхсене палăртмалла, çав çитменлĕхсене пĕтерме мĕнле ĕçсем тумаллине кăтартса памалла, налог агенчĕсемпе ял Совечĕсене конкретлăн пулăшса пымалла.

Укçа-тенкĕ пухмалли плана ăнăçлă пурнăçлас тесен, халăх хушшинче нумай ĕçлемелле. Халăха СССР Верховнăй Совечĕн пиллĕкмĕш сессийĕн, КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕн решенийĕсене лайăх ăнлантарса памалла, ялхуçалăх налогĕ пирки йышăннă çĕнĕ закон çинчен тĕплĕн каласа кăтартмалла. Партипе правительство ĕçсыннисен пурнăçне лайăхлатма хытă тăрăшнине кашни ĕçсынни ăнланса илтĕр, вăл государство умĕнчи обязательствăсене, çав шутра укçа-тенкĕ парăмĕсене те, вăхăтра тÿлесе татма тăрăштăр. Çавăн чухне халăх укçа-тенкине мобилизацилемелли план ăнăçлăн пурнăçланса пырĕ.

Н. ЯСНОПОЛЬСКИЙ.

# ВЫЛЬĂХ-ЧĔРЛĔХ ТУЯНАÇÇĔ

КАНАШ. Партипе правительство обществăлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетессине вăйлатма тăрăшнипе пĕрлех, колхозниксене килте выльăх усрама лайăх услови туса пачĕç. Çакна май юлашки вăхăтра Канаш районĕнчи колхозниксем хăйсен килĕнче усрама тĕрлĕрен выльăх туянма пуçларĕç. Иртнĕ кунсенче Доронин ячĕпе тăракан колхоз членĕсем ĕне, сысна, сурăх чылай туянчĕç. «Новая жизнь», «Красное пламя» тата ытти артельсенчи чылай колхозниксем те ĕне туянассĕ.

Колхозсем хăйсен членĕсене утă, улăм, арпа парса ялхуçалăх артелĕн Уставĕнче кăтартнă чухлĕ выльăх усрама пулăшассĕ.

(Хамăр инф.).

# Промартель павильонĕнче

УКЕРЧĔКСЕМ ÇИНЧЕ: 1. «Металлист» промартелĕн техникăлла тĕрĕслÿ пайĕн начальникĕ А. Андреев юлташ (сулахайри) П. Гаврилов бригадиртан хурансем йышăнать. 2. Промартель павильонĕ.

С. ВИКТОРИНОВ фотоÿкерчĕкĕ.

Р. Алексеева юлташăн пысăк савăнăç: унăн нумаях пулмасть ывăл ача çуралнă.

— Иккĕмĕш ача ĕнтĕ ку манăн,—тет вăл.—Асли кăçал шкула çÿреме пуçларĕ.

Алексеева юлташ ачи валли кровать нумайччен шыраса çÿренĕ, хулара кĕрсе тухман магазин хăварман. Анчах ача валли ниçта та кровать çук. Вара вăл Шупашкарти «Металлист» промартелĕн павильонне кайма шут тытнă.

— Тем тĕрлĕ япаласем те юсаççĕ унта,—шутланă вăл,—тен, кровать те туса пама пултарĕç.

Ăна павильонра ĕçлекенсем ăшшăн кĕтсе илчĕç, ларма пукан пачĕç. Алексеева юлташ хăй мĕн ĕçпе пыни çинчен ăнлантарчĕ.

— Юрать, юрать,—килĕшрĕç павильонра ĕçлекенсем,—ача валли кровать тума пулать...

«Металлист» промартелĕн Кировски поселокри павильонĕ — хулари чи илемлĕ суртсенчен пĕри. Кунтах поселокри почта уйрăмĕн пĕр пайĕ вырнаçнă. Ĕçсыннисем павильона питĕ йышлăн çÿрессĕ. Мĕн-мĕн юсама илсе пымаççĕ-ши вĕсем? Конькисем, çăрасем, витресем, таасем, утюгсем, сехетсем, примуссем тата ытти нумай япаласем юсаççĕ павильонра.

— Эпир плана ăнăçлă тултарса пыратпăр, — тет павильон начальникĕ М. Елагин юлташ.—Эпир халăха кирлĕ япаласене хальхинчен те ытларах юсама пултаратпăр. Пирĕн павильон пурри çинчен хулара нумайăшĕ пĕлмеççĕ те пулĕ-ха?

Павильонсăр пуçне, артелĕн виçĕ цех пур. Артель ĕçсыннисем валли алюминирен шăратса тата тимĕртен савăт-сапа тăвать. Чугунтан кăмака вьюшкисем, плитасем, çатмасем шăратса кăлараççĕ, металран тĕрлĕ йышши япаласем тăваççĕ.

Артель коллективĕ СССР Верховнăй Совечĕн пиллĕкмĕш сессийĕ, КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ йышăннă решенисене пысăк çĕкленÿпе кĕтсе илчĕ. Вăл ĕçсыннисен ыйтăвĕсене тивĕçтерессишĕн, халăх валли куллен кирлĕ таварсем ытларах туса кăларассишĕн тата продукци пахалăхне лайăхлатассишĕн кĕрешĕве тухрĕ.

Стахановла ĕçлекенсем кунта сахал мар. Чугун шăратакан цехра ĕç нормине тултарайманнисем çук, В. Жарков, В. Таратин, М. Леонтьев, А. Кузьмин тата ытти юлташсем ĕç нормине тăтăшах ирттерсе тултараççĕ.

Пурте хастарлă ĕçлени промартеле производство программине тултарма май парать. Продукци туса кăлармалли плана вăл ăнăçлă тултарса пырать. Иртнĕ уйăхра, сăмахран, производство планне 139 процент тултарнă. Анчах кунта çакна палăртса хăварас пулать: плана палăртнă ассортимент енĕпе тултарас тесен, нумай ĕçлемелле. Çакна коллектив тума пултарать тата ăна тума тивĕç те.

Коллективра производствăна лайăхлатма паха сĕнÿсем паракан рационализаторсем пур. Ку таранччен тимĕртен савăт-сапа алăпа касса тунă. Халĕ, продукци пахалăхне лайăхлатас тата унăн хăйне паракан хакне йÿнетес тесе, савăт-сапа тума штамп хатĕрлессĕ. Слесарь А. Токарев юлташ тимĕр касма хачă тăвать. Механически цех начальникĕ М. Елагин юлташ тимĕр хĕррисене хуçлатса тикĕслеме машина хатĕрлет. Н. Гирфанов слесарь витре тĕпĕ тума штамп хатĕрлет.

Халиччен савăт-сапана сăрпа сăрланă тимĕртен тунă. Малашне ăна цинкпа витнĕ тимĕртен тума палăртнă. Халĕ тимĕре цинкпа витме ятарласа цех тăваççĕ. Ăна Октябрь уявĕ тĕлне туса пĕтерессĕ.

Промартель хăй туса кăларакан продукцие сутма хулари рынокра ятарласа ларек уçнă. Унта çынсем ялан йышлă. Кунта куллен кирлĕ тĕрлĕ япаласем илме пулать. Ларек плана кашни уйăхрах ирттерсе тултарать.

Промартель членĕсем, Октябрь уявĕ умĕнхи социализмла ăмăртăва хутшăнса, çĕнĕ обязательствăсем илчĕç. Вĕсем аслă уява çĕнĕ çитĕнÿсемпе кĕтсе илессишĕн хастарлăн ĕçлеççĕ.

В. МАКСИМОВ.

# Санитарин наукăпа тĕпчев институчĕн Шупашкарти сессийĕ

Октябрĕн 12—14-мĕшĕсенче Шупашкарта Государствăн санитари енĕпе ĕçлекен Эрисман ячĕпе тăракан наукăна тĕпчев институчĕн сессийĕ пулса иртрĕ.

Сессире институтăн научнăй работникĕсем, Чăваш, Мордва, Мари, Тутар республикисенчи, Горький, Куйбышев тата Ульяновск облаçĕсенчи санитарипе эпидемиологи станцийĕсенче, сивчире хирĕç кĕрешекен станцисенче ĕçлекен врачсем тата медицинăн ытти работникĕсем пулчĕç.

Сессие пухăннисем Атăл çинче гидроэлектростанцисем тунă май санитари енĕпе тухса тăракан задачăсем çинчен тата ытти ыйтусене сÿтсе яврĕç. Кун йĕркинчи тĕп ыйтусем тăрăх асăннă институтăн профессорĕсем Г. А. Митеревпа С. Н. Черкинский юлташсем, медицина наукисен кандидачĕ И. А. Кибальчич юлташ, Горький облаçĕнчи санитарипе эпидемиологи станцийĕн врачĕсем А. Н. Фадеичевăпа З. М. Шнейдерман юлташсем, Чăваш АССР-ĕнчи сивчире хирĕç кĕрешекен станцин главнăй врачĕ, РСФСР тава тивĕçлĕ врачĕ Н. Н. Лупова юлташ, пирĕн республикăри санитарипе эпидемиологи станцийĕн врачĕ Н. А. Караблина юлташ докладсем туса пачĕç.

Сесси «Чăваш АССР-ĕнчи хуласемпе ялсен планĕсене тунă чухне гигиена йĕркине мĕнле пурнăçлани тата хуласемпе ялсене лайăхлатса илемлетесси çинчен» Санпросвет сурчĕн главнăй врачĕ А. Ф. Копечкин юлташ тунă доклада, «Саранск хулине шыв çителĕклĕ парса тăмалла тăвасси çинчен» Мордва АССР-ĕн санитарипе эпидемиологи станцийĕн врачĕ Н. В. Калинина юлташ тунă доклада итлерĕ.

Куйбышеври гидроэлектростанцие тунипе шыв тулнă май Зеленодольск хулинче шыв илсе тăрас ĕçе лайăхлатасси çинчен Н. И. Петухов юлташ (Зеленодольскри санитарипе эпидемиологи станцийĕ), Шупашкар хулинче санитари енĕпе тумалли ĕçсем çинчен Т. В. Семушкина юлташ (Чăваш АССР-ĕн сивчире хирĕç кĕрешекен станцийĕ) каласа пачĕç.

Ыйтусене сÿтсе явма сессие пухăннисенчен чылайăшĕ хутшăнчĕç. Вĕсем санитари енĕпе мĕнле ĕçсем тумалли çинчен каларĕç.

# Орденсемпе медальсем панă

Çак кунсенче, Çĕмĕрле хулинче, Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн председатель заместителĕ Д. Я. Митьков юлташ СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Указĕ тăрăх наградăламалла тунă çынсене орденсемпе медальсем пачĕ.

Нумай çул тата лайăх ĕçленĕшĕн Çĕмĕрле вăрманпромхозĕнчи В. Я. Масликов мастер Ленин орденĕ илчĕ.

«Чувашлес» трест управля[illegible]нă, халĕ Çĕмĕрле вăрманпром[illegible]ректорĕ пулса ĕçлекен Ф. И. К[illegible], Çĕмĕрле вăрманпромхозĕнчи йывăç чутлакан Я. Г. Орлов Ĕçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденĕ илчĕç.

Çаксем «Ĕçри хастарлăхшăн» медаль илчĕç: Çĕмĕрле вăрманпромхозĕнчи П. В. Волков крановщик, çав вăрманпромхозри М. И. Гогин мастер, Хĕрлĕ Чутай вăрманпромхозĕнчи А. З. Захарова электромонтер, çав вăрманпромхозри Ф. И. Малышев лавçă, Çĕмĕрле вăрманпромхозĕнчи А. П. Милашина сушильщица, Çĕмĕрле вăрманпромхозĕнчи пăравус машинисчĕ И. Н. Окрестин, çав вăрманпромхозри М. М. Пототов рабочи, Çĕмĕрле вăрманпромхозĕнчи вăрман участокĕн начальникĕ Ф. И. Солдаткин, Хĕрлĕ Чутай вăрманпромхозĕнчи Н. Н. Сорокин грузчик, Хĕрлĕ Чутай вăрманпромхозĕнчи йывăç касса хатĕрлекен П. С. Сякаев, Çĕмĕрле вăрманпромхозĕнчи А. Е. Телегин слесарь, Хĕрлĕ Чутай вăрманпромхозĕнчи И. Т. Тенюков мастер, Çĕмĕрле вăрманпромхозĕнчи пăчкă хăйракан В. Г. Фильчагов тата Çĕмĕрле вăрманпромхозĕнчи главнăй механик Н. И. Шестаков.

Çаксем «Ĕçре палăрнăшăн» медаль илчĕç: Çĕмĕрле вăрманпромхозĕнчи А. С. Анисимов мастер, Вăрнар вăрманпромхозĕнчи В. Г. Апполонов шофер, Хĕрлĕ Чутай вăрманпромхозĕнчи В. П. Бикетов платник, çав вăрманпромхозри А. М. Бояров лавçă, Çĕмĕрле вăрманпромхозĕнчи А. А. Варжин мастер, Вăрнар вăрманпромхозĕнчи В. И. Верховцев шофер, Çĕмĕрле вăрманпромхозĕнчи И. А. Гогин лавçă, Çĕмĕрле вăрманпромхозĕнчи Д. П. Гусаров моторист, çав вăрманпромхозри йывăç касса хатĕрлекен Н. П. Егоров, Çĕмĕрле вăрманпромхозĕнчи Н. П. Егоров лавçă, çав вăрманпромхозри Б. Г. Заикин тракторист, çав вăрманпромхозри йывăç касса хатĕрлекен Ф. А. Князькин, Хĕрлĕ Чутай вăрманпромхозĕнчи П. Г. Косыева грузчица, Çĕмĕрле вăрманпромхозĕнчи çул обходчикĕ А. И. Курков, çав вăрманпромхозри В. Л. Львов слесарь тата ыттисем те.

Нумай çул тата лайăх ĕçленĕшĕн Çĕмĕрле хулинчи санитарипе эпидемиологи станцийĕнче ĕçлекен фельдшер Г. В. Кузнецов Ĕçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденĕ илчĕ.

Орденсемпе медальсем панă хыççăн Д. Я. Митьков юлташ наградăланă çынсене орденсемпе медальсем илнĕ ятпа саламларĕ тата вĕсене малашнехи ĕçре çĕнĕ çитĕнÿсем тума ырă сунчĕ.

# Хаçат-журнал саракан актив канашлăвĕ

Октябрĕн 13-мĕшĕнче Шупашкарти предприятисенче, учрежденисенче, шкулсенче хаçат-журнал сарас енĕпе ĕçлекен активистсен хулари канашлăвĕ пулчĕ. Канашлу хаçат-журнал сарас тĕлĕшпе иртнĕ çулта тунă ĕçсем тата умра тăракан задачăсем çинчен Союзпечатĕн Шупашкар хулинчи уйрăмĕн начальникĕ Терентьева юлташ тунă доклада сÿтсе яврĕ.

Терентьева юлташ Шупашкар хулинчи ĕçсыннисем хаçат-журналсене пысăк хаваслăхпа çырăнса илни çинчен, иртнĕ çулта хаçат-журнал нумай сарни çинчен каларĕ. Вăл ĕçсыннисем хушшинче хаçат-журнал сарас енĕпе Алексеев (Чапаевски поселок), Ржавина (Ялхуçалăх институчĕ), Комлова (Водосвет), Иварбеева (чăвашсен базовăй вăтам шкулĕ) тата ытти сахал мар активистсем тăрăшса ĕçленине палăртрĕ. Терентьева юлташ кунпа пĕрлех хаçат-журнал сарма уйăрнă хăшпĕр уполномоченнăйсем подписка йышăнма пуçланă вăхăтра çеç тивĕçлипе ĕçлени, халиччен хулари ĕçсыннисем хушшинче чăвашла хаçат-журнал сарасси çителĕксĕр пулса пыни çинчен каларĕ, ĕçри çитменлĕхсене пĕтерме чĕнчĕ.

Канашлура республикăри çыхăну управленийĕн начальникĕн заместителĕ Кудряшов, Росглаввино совхозĕнче ĕçлекен Яицкий, КПСС Шупашкар хула комитечĕн пропагандăпа агитаци пайĕн заведующийĕ Васильев, Союзпечатĕн республикăри уйрăмĕн начальникĕ Дмитриев тата ытти юлташсем тухса каларĕç.

мов, П. Логинов ĕçре чăн-чăн хастарлă механизаторсем пулчĕç. Хам эпĕ пĕлтĕр 820 ĕçкунĕ тунă, кăçал та унтан кая мар пулать. Арăм та колхозра ĕçлесе 450 ĕçкунĕ турĕ. Укçи те, тырри те, ытти продуктсем те пурăнма çителĕклĕх пулассĕ. Пурнăç условийĕсем пирки ним каламалли те çук. Кăçал пÿрт лартас тетĕп-ха. Малалла вĕренес шухăш пур. Пирĕн механизаторсем халь: хамăрăн ĕç тухăçлăхне, ĕç пахалăхне епле те пулин ытларах ÿстересчĕ, горючие лайăхрах перекетлесчĕ, выльăх-чĕрлĕх апатне хатĕрлес çĕрте нумайрах ĕçлесчĕ, теççĕ. Механизаторсен паянхи шухăш-кăмăлне акă, пирĕн бригада тракторисчĕ, маларах асăннă Смирнов юлташ та çирĕплетсе пама пултарать.

«Хăйĕн бригадирĕ хыççăн каласура Михаил Константинович Смирнов коммунист сăмах илет. Вăл 1937 çултанпа тракторпа ĕçлет, Совет Çарĕнче те машинăпа ĕçленĕ.

— Партин Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ йышăннă решенисене эпир, трактористсем, питĕ хапăл туса, кăмăлласа вуларăмăр,—тет Смирнов юлташ.—Парти пире тырпул тухăçлăхне ÿстерессишĕн тата хастартарах ĕçлеме, кĕрешме чĕнет, хавхалантарать. Эпир ĕнтĕ колхоз уй-хирĕсенче ялхуçалăх машинисемпе пайтах ĕçленĕ. Машинăсем çĕр ĕçне чăннипех çĕнетме, пуян тырпул акса тума епле пулăшнине аван пĕлетпĕр. Ăна эпир хамăр ĕçпе халăха та кăтартрăмăр, ĕнентертĕмĕр. Ĕлĕк пĕчченех хуçалăхпа пурăнса хресченсем уй-хир ĕçĕсене тем вăхăта тăснă, суртырринe алăсене шăнта-шăнта çурлапа вырнă. Халь йывăр ĕçсене пирне те машина тăвать. колхозниксем час-часах списе те юлайнаççĕ. Хире тухаççĕ те вара, шалт тĕлĕнсе: «Акса та пĕтернĕ-и? Вырса та пĕтернĕ-и?» тесе ыйтаççĕ. Комбайна хытă хисеплессĕ колхозниксем. Уйрăмах ватă карчăксем çав хăватлă машинăран тĕлĕнеççĕ, аллисене шарт çапса комбайн хыçĕнчен утаççĕ: «Мĕнле вырса мĕнле капать-ха вăл?» тесе ыйтаççĕ. «Авангард» колхозра ватă колхозник Сергей Майоров пурăнать. Вăл час-часах тракторпа суха тунă çĕре тухать те, суха касси тарăннăшне виçе-виçе пăхса тĕлĕнет: «Вăт ача! Ĕлĕк чухне сухапуçĕпе чакаланса алăсăр-урасăр юлаттăмăр, эпĕ хамах йывăç ака-пуçпе суха тухнă чухне ака тимрине савăллама пĕр ытам савăл çĕклесе тухаттăмччĕ. Кун пек тарăн сухалассине тĕлĕкре те курман. Халь машина епле тарăн илтерет! Çĕрĕ çемçелет, нÿрĕ тытса выртать. Пирĕн ĕлĕкхи пек нихçан та выçлăх пулас çук», тет. Машинăсене юратать, хаклать халăх. Ялхуçалăхĕнчи ытти йывăр ĕçсене те механизацилесен, колхозниксен ĕçĕ мĕн тери çăмăлланнă пулĕччĕ, мĕн тери савăннă пулĕччĕç çынсем! Парти пире шăпах çавна тума чĕнет халь. Пирĕн çакна тăрăннăн ăнланмалла, хамăр мĕн тума пултарнине пурне те тума тăрăшмалла. Хамăр ĕçе, механизаци ĕçне, ялти çамрăксене ытларах та ытларах хутшăнтармалла, вĕрентмелле вĕсене. Эпир халь те вĕрентсех пыратпăр. Акă, манăн ывăл Коля та плугарь пулса ĕçлет, механизаторсен шкулне каясшăн. Вĕрентĕр, çĕнĕрен çĕнĕ машинăсем килсе тăраççĕ уйхирсене, вĕсем çинче ĕçлеме нумай пĕлни кирлĕ, пирĕн те, çамрăках мар механизаторсен, вĕренсех пыма тивет...

Çапла шухăшлаççĕ паян ялти механизаторсем. Хăйсем умĕнче тăракан ответлă та пысăк задачăсене вĕсем чыслăн пурнăçлĕç!

* * *

Эпир Аслă Таяпа ялĕнче Карл Маркс ячĕпе тăракан колхозра пултăмăр. Колхоз председателĕ В. М. Немцев пире колхозра паян кун ялхуçалăх ĕçĕсене вĕçлес ĕç епле пынине паллаштарчĕ. Калас пулать, ĕçсем кунта сÿрĕкрех пыраççĕ. Авăн çапас ĕçе те, кĕрхи çĕртме тăвасcине те вĕсем вăрăма янă. Уяр кунсемпе çителĕклĕ усă курмаççĕ. Ытти ĕçсем колхозра ăнăхах мар. Çак кунсенче кунта выльăх-чĕрлĕх фермисенче выльăхсен хисепне планра палăртнă шая çитерес тĕлĕшпе тăрăшса ĕçлеççĕ.

Колхозра халь хĕрсех выльăх апачĕсем хатĕрлеççĕ, 300 тонна силос хывнă, выльăхсене çитерме çĕрулми, чĕкĕнтĕр, утă-улăм кăçал çителĕклех пулать. Картавитесем те тăваççĕ, анчах йывăç сахалли аптăратать. Вăрмансем ку таврара инçетре. Суртсем, хуралтăсем лартма пире, хирти колхозсене, вăрман ытларах уйăрса пама каласчĕ Шупашкарта, теççĕ колхозниксем.

Колхоз кăçал сахал мар çитĕнÿсем тунă. Килес çула валли колхоз çителĕклĕ вăрлăх хывса хăварнă.

Кăçал ялхуçалăх налогне нумай чакарни, хатĕрлев хакĕсене хытă ÿстерни тата иртнĕ çулсенче патшалăха парса татайман парăмсене: сĕт—30 пин литр таран, какай—916 центнер, натуральнăй тÿлев—2.740 центнер тырă памаллине каçарни колхозниксене çав тери савăнтарнă. «Совет влаçĕ пире питĕ хытă пулăшать, эпир малашне тата хастарлăрах ĕçлĕпĕр», теççĕ колхозниксем.

Аслă Таяпара пире ку ялсенчи хатĕрлев агенчĕ Некрасов юлташ тĕл пулчĕ.

— Мĕн тумалла-ши,—тет Некрасов юлташ,—пирĕн таврари ялсенче колхозниксем хурсем нумай тытаççĕ, халь государствăна какай парас плана хăвăртрах тултарасшăн, пире хурсем сĕнеççĕ, анчах пирĕн вăл хурсене ниçта чикме çук. Эрне каялла ĕнтĕ Канашри Заготскот базине 7 пин хур ăсатрăмăр, вĕсене базăра паян кун та йышăнмаççĕ, вырăн çук, йышăнса ĕлкĕреймestпĕр, теççĕ. Хайхи мĕскĕн хурсем вара эрне ытла хăйсен черетне кĕтсе пурăнаççĕ.

Пирĕн хатĕрлев органĕсем çаврăнкалайман пирки шурă хурсен те черет кĕтме тивет иккен.

Хатĕрлев органĕсем тенĕрен, çакна та каласа хăвармалла. Елчĕкре районти Заготскот кантурĕ пур. Анчах çак кантурăн хăйĕн вырăнĕ те, сурчĕ те, выльăхсене тытма карти те, вити те, пĕр пĕрчĕ выльăх апачĕ те çук! Мĕн шухăшлаççĕ-ши кун пирки республикăри хатĕрлев органĕсем?

* * *

Елчĕкре пирĕн вăтам шкулта вĕренекенсемпе тата вĕрентекенсемпе питех те кăмăллă тĕлпулу пулса иртрĕ. Чăваш совет литературин паянхи çитĕнĕвĕсем çинчен каланине интересленсе итлерĕç вĕсем, сăвăсем вулаттарчĕç, нумай-нумай ыйтусем пачĕç. Чăваш писателĕсене хăйсем патне килсе çÿреме чĕнчĕç.

Çав кунах эпир ялти библиотекарьсен районти канашлăвĕнче те пултăмăр. Унта та тăван литературăн паянхи çитĕнĕвĕсем çинчен калаçу пычĕ, сăвăсем вулама тиврĕ. Калаçура библиотекарьсем çакăн пек ыйтусем параççĕ:

— Мĕншĕн С. Бабаевскин чăвашла куçарса кăларнă «Ылтăн Çăлтăр кавалерĕ» романăн ятĕнче ылтăн сăмаха икĕ «т» саспаллипе çырнă, ытти çĕрте часчасах çав сăмахах пичетре пĕр «т» саспаллипе çыраççĕ? Мĕншĕн тата унăн «Çĕр çинчи çутăсем» ятлă кĕнекинче пĕр тĕрлĕ пичетлĕ листасем икшер хут тĕл пулаççĕ?

— Мĕншĕн Тăрăм библиотеки валли районти кĕнеке магазинĕнче илнĕ кĕнекен хуплашки çинче «Шурă хурăн» тесе çырнă, шалта «Йăмраллă ял» романăн тексчĕ кайнă?

— Халăхра çапла калаççĕ: пирĕн чăваш писателĕсем Чăваш республикин ÿсĕмне, пурнăçне кăтартакан произведенисем питех те сахал çыраççĕ, теççĕ. Çавă мĕнрен килет-ши?

Библиотекарьсем ялсем валли 1—2 актлă çĕнĕ пьесăсем, комедисем çав тери кирли çинчен калаççĕ. «Ялав» журнал редакцийĕ çырнă çырусем çине ответ паманнипе ÿпкелешеççĕ. Вăтам шкулта вĕренекенсем те çакнашкал ыйту пачĕç.

Çав ыйтусене кам илтме тивĕçлисем илтĕç, тетпĕр эпир.

Çĕнĕ Пăва ялĕнчи библиотека заведующийĕ В. А. Наумов пире районти кĕнеке магазинĕнчен илемлĕ литература произведенийĕсем туянма çырнă 300 тенкĕлĕх счет кăтартрĕ. Счет çинче «илемлĕ литература произведенийĕсемшĕн» тесе кăтартнă пирки Елчĕк районĕнчи банк кантурĕ магазина укçа куçарса паман иккен. Банк кантурĕн управляющийĕ И. П. Сорокин тата кредит инспекторĕ Е. В. Шашкова юлташсем çак йĕркене питĕ хытă тытаççĕ, тет. Анчах çак тĕлĕнмелле йĕркерен кунти çынсем кулмаллипех кулаççĕ.

— Хайхи,—тет Наумов юлташ,—эпĕ çав счетах тепĕр хут çыртăм, тарăхнипе 300 тенкĕ вырăнне 400 тенкĕ лартрăм, «илемлĕ литература» темес вырăнне «научно-популярнăй тата ялхуçалăх литератури» тесе çырса хутăм та, банкра шăнкăртах укçа куçарса пачĕç. Вара эпĕ, банка çапла улталаса, чиперех П. Хусанкайăн «Чĕре юррине», А. Артемьевăн «Юрату юррине», вырăсларан куçарнисенчен Н. Бирюковăн «Чайка» романне, С. Бабаевскин «Çĕр çинчи çутăсем», «Ылтăн Çăлтăр кавалерĕ» кĕнекисене, М. Трубинан «Асăнмалăх-савăнмалăх» кĕнекине тата нумай ытти кĕнекесем, çав шутрах хайхи научно-популярнăй литературăна та, ялхуçалăх литературине те туянса кайрăм. Колхозниксем паян кун та юратнă писательсен кĕнекисене савăнсах вулаççĕ, мана та тав тăваççĕ...

— Ыттисем те илемлĕ литература кĕнекисене библиотекăсем валли çапла банка улталаса туянтăр-и? — ыйтатпăр эпир.

— Пурте çапла улталаса туянатпăр!—теççĕ пĕр сасăпах библиотекарьсем. Вĕсемпе пĕрле Чăвашкниготоргăн Елчĕк районĕнчи кĕнеке магазинĕн заведующийĕ те çавнах калать:

— Мĕн каласси пур, улталатпăр...

Илтетĕр-и, Сорокинпа Шашков юлташсем, тăр кăнтăрла кунĕнчех, ырă ĕç тăвас текен çынсемех сире улталаççĕ иккен! Мĕншĕн çапла тăваççĕ-ши вĕсем? Мĕншĕн тесен халăх çĕнĕ кĕнекесем вуласшăн, хăйĕн культурине ÿстересшĕн, эсир вара кĕнеке халăх патне çитес çул çинче чăрмав пулса тăма тытăннă. Куратăр пулĕ, кĕнеке çулне пиеплe те пÿлме çук!

УЙАП МИШШИ.

# Планран ирттерсе йĕтĕн вăрри параççĕ

ПЕРВОМАЙСКИ. Пĕрлешсе пысăкланнă «Путь коммунизма» колхоз кăçал 28 гектар йĕтĕн акнă. Кашни гектартан çакăршар центнер йĕтĕн вăрри тухнă. Н. Антонов юлташ ертсе пыракан бригада 5,5 гектар çинче 12-шер центнер йĕтĕн вăрри туса илнĕ. Колхозра йĕтĕн çапса пĕтернĕ, вăрлăх хывса çитернĕ. Государствăна план тăрăх 12 центнер йĕтĕн вăрри памалла пулнă пулсан, 155 центнер панă. Халĕ тата 15 центнер параççĕ. Малтан шутласа пăхнă тăрăх, колхоз государствăна йĕтĕн вăрри парса 70 пин тенкĕ ытлă тупăш илет.

Районти ытти хăшпĕр колхозсем те государствăна планран ирттерсе йĕтĕн вăрри параççĕ. Çапла Калинин ячĕпе тăракан колхоз государствăна 18 центнер вырăнне 95 центнер, «Пионер» колхоз 13 центнер вырăнне 68 центнер йĕтĕн вăрри леçсе панă. «Комсомолец» колхоз та йĕтĕн вăрри памалли плана 500 процент тултарчĕ. Йĕтĕн акса тунипе колхозсем пысăк тупăш илессĕ.

# Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери виççĕмĕш конгресĕ

*Октябрĕн 14-мĕшĕнчи тата 15-мĕшĕнчи ирхи ларусем*

ВЕНА, октябрĕн 14-мĕшĕ. (ТАСС). Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери виççĕмĕш конгресĕн паян пулса иртнĕ ирхи ларăвне Дании (Инди) председатель пулса ертсе пынă. Вăл малтан Ливанри рабочи класăн делегатне Ильяс Хабра сăмах панă.

Ильяс Хабр Ливанри çак конгреса хатĕрленес ĕçе профсоюз организацийĕсем пурте тенĕ пекех хутшăнни çинчен каласа панă. Конгреса хатĕрленнĕ май Ливанри конференци пулса иртнĕ. Конференци ĕçне Сирири политика тĕлĕшĕнчен тĕрлĕ шухăшлă профсоюзсен представителĕсем хутшăннă.

Хабр Ливанри рабочи класăн йывăр пурнăçĕ çинчен каланă. Ливанри ĕçсыннисен пурнăçĕ йывăр пулни пуринчен ытла çĕршыв экономики ют çĕршывсен монополийĕсен аллинче тăнинчен килет.

Профсоюзсене ирĕклĕн ĕçлеме памаççĕ, çĕршыва хĕсĕрлени вăйлă пулсан та, профсоюзсен юхăмĕ вăйланса пырать. Профсоюзсем хăйсен тавра ĕçсыннисен йышлă массисене пĕрлештерме тăрăшаççĕ. Ливанри рабочи класс пĕрлĕхĕн кĕрешĕвĕ вăхăтрах хăйĕн пурнăç условийĕсене лайăхлатассишĕн кĕрешет.

Сутĕç работникĕсен профсоюзĕн пĕтĕм тĕнчери федерацийĕн генеральнăй секретарĕ Деланчу çапла каланă: капитализмла çĕршывсенче, колониалле тата сурма колониалле çĕршывсенче миллионшар ачасем кирлĕ чухлĕ пĕлӳ илеймеççĕ, нумай çĕршывсенче учительсен пурнăçĕ тӳсме çук начар. Колониалле çĕршывсенче пăхăнса тăракан çĕршывсенче нациалле культурăна путарса пыраççĕ, ачасем тăван чĕлхипе вĕренме пултараймаççĕ.

Деланчу учительсем демократилле вĕренӳ йĕркелессишĕн тата хăйсен пурнăçне лайăхлатассишĕн ĕçсыннисемпе пĕрле кĕрешни çинчен калакан фактсем нумай илсе кăтартнă.

Мексикăри Веракрус портĕнче ĕçлекен докерсен автономиллĕ профсоюзĕн представителĕ Антонио Гонсалес çапла каланă: çак конгреса илнĕ опытпа Веракрус докерĕсем хăйсен пурнăç условийĕсене лайăхлатассишĕн кĕрешес ĕçре усă курĕç. Сакăнпа пĕрлех вăл пусмăрлăха хирĕç, социальнăй пĕртанмарлăха хирĕç, ĕçсыннисен пурнăçне лайăхлатассишĕн, миршĕн кĕрешес ĕçре Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕпе хăйсем малашне те пулăшса пыма хатĕр тăни çинчен каланă.

Дагомейри (Африка) профсоюзсен представителĕ Фагбамигбĕ Хура Африкăри ĕçсыннисен пурнăç условийĕсене лайăхлатассишĕн, демократишĕн, миршĕн кĕрешни çинчен тĕплĕн каласа панă.

Конгресс делегачĕсем Японири ĕçсыннисен представителĕ Мицио Накамура тухса калавне питĕ тимлĕн итленĕ.

Хальхи вăхăтра, тенĕ Накамура, Америкăпа Япони реакцийĕ Японире милитаризма тепĕр хут ура çине тăратма тăрăшаççĕ.

Рабочисем Японире Америка реакцийĕ тапăнса пынине хирĕç хăюллă кĕрешеççĕ. Вĕсем çакна лайăх ăнланаççĕ: хăйсен прависене хӳтĕлесе вĕсем, çакăнпа пĕрлех, мире, нацин никама пăхăнманлăхне тата ирĕклĕхе хӳтĕлеççĕ.

Юлашки çул, тенĕ Накамура, Японире класлă пысăк тытăçусем пулса иртни палăрса тăчĕ. 310 пин ытла горняк, электропромышленноçра ĕçлекен 120 пин рабочи пулăшнипе, 60 кун хушши «промышленноçа рационализацилесси» тенĕскерне хирĕç кĕрешсе забастовка тунă. «Промышленноçа рационализациленни», тĕрĕссипе, эксплуатацие вăйлатассине тата реальнăй ĕç укçине чакарассине пĕлтерет. Пысăк забастовкăсем çавăн пекех чугун çулсем çинче, химик, хурçă шăратакан, хут тата промышленноçăн ытти отраслĕсен предприятийĕсенче те пулса иртнĕ.

Кăçалхи август уйăхĕнче Япони историйĕнче пирвайхи хут çар хатĕрĕсемпе арсеналĕсенче ĕçлекен рабочисен забастовки пулса иртнĕ. Забастовкăна 150 пин çын ытла хутшăннă.

Японири рабочи класс, тенĕ юлашкинчен Накамура, крестьянсен кĕрешĕвне ертсе пырать. Хальхи вăхăтра çĕршывра пур çĕрте те Америка пахчи аэродромсем, полигонсем, казармăсем тата çар склачĕсем тума крестьянсен çĕрĕсене туртса илме хăтланнине хирĕç кĕрешӳ вăйланса пырать.

Кун хыççăн конгресс ĕçне сăнаса тăма килнĕ Испанири ĕçсыннисен конфедерацийĕн генеральнăй секретарĕ пулнă Мануэль Ривас сăмах тухса каланă.

Журналистсен тĕнчери организацийĕ ячĕпе Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери конгресĕн делегачĕсене Имре Комор саламланă.

Италири ĕçлев конфедерацийĕн секретарĕн заместителĕ Росси конгреса католикла ĕçсыннисен ячĕпе саламланă.

Ирхи лару вĕçĕнче Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕн генеральнăй секретарĕ Луи Сайян юлашки сăмах каланă.

Хăйĕн доклачĕ тăрăх пулнă прениесен итогне палăртса, Луи Сайян çапла каланă: делегатсен сăмахĕсем тĕнчери профсоюз юхăмĕн вăйĕпе хăватне кăтартса параççĕ. Вăл çапла пĕлтернĕ: Вьетнам халăхĕпе пĕр шухăшлă пулнине кăтартма тата тĕнчере пур çĕрте те колониалле вăрçăсене чарса лартассишĕн кĕрешме Пĕтĕм тĕнчери кун иртермелле тума панă сĕнĕве Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕ йышăнать. Вьетнамри вăрçа чарса лартма ыйтакан халăхăн хăватлă сассине пурте илтĕр, тенĕ Луи Сайян. Çак сăмахсене делегатсем тăвăллăн алă çупса йышăннă.

Хĕвеланăç Германири профсоюзсен представителĕсене чĕнсе, Луи Сайян вĕсене нимĕç рабочийĕсене тата пĕтĕм Германи халăхне çакăн çинчен каласа пама ыйтнă: Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕ Бонри тата Парижри çар килĕшĕвĕсене тăтăклăн хирĕç тăрать. Милитаризацине тата фашизм çĕнĕрен вăй илессине хирĕç кĕрешес ĕçре Германири ĕçсыннисем пĕр-пĕччен мар, тенĕ вăл. Луи Сайян Англири профсоюзсене Германи фашизмĕ тепĕр хут çĕкленме пултарнине хирĕç, Хĕвеланăç Германирен агресси вучахĕ туса хурассине хирĕç пĕрле кĕрешме чĕннĕ.

Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери виççĕмĕш конгресĕн Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацине кĕмен профсоюзсем патне пĕрлĕх тума чĕнсе усă çыру ярас пулать, тенĕ Сайян.

Конгресс пĕрлĕхлĕ ĕçсем çинчен, пĕрлĕх туса хумалли майсемпе çулсем çинчен тăракан çак пысăк ыйтăва малашне те сӳтсе явĕ.

Луи Сайян хăйĕн сăмахĕнче капитализмла çĕршывсемпе колониалле тата сурма колониалле çĕршывсенче пĕрлĕх туса хурассишĕн пыракан кĕрешĕве тĕплĕ сӳтатса панă. Вăл «Ирĕклĕ профсоюзсен тĕнчери конфедерацийĕн» тата Америкăри ĕçлев федерацийĕпе производствăлла профсоюзсен конгресĕн профцентрĕсен реакцилле руководителĕсен раскольникла ĕçне хытă критикленĕ.

Конгресăн çитес ларăвĕ октябрĕн 15-мĕшĕнче пулать. Кун йĕркинче тăракан иккĕмĕш ыйту тăрăх Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕн председателĕ Джузеппе ди Витторио доклад тăвать.

ВЕНА, октябрĕн 15-мĕшĕ. (ТАСС). Ирхи ларăва Ф. Зупка (Чехословаки) председатель пулса ертсе пынă. Сĕнӳсем тĕлĕшпе ĕçлекен комисси членĕ Гринлут (Кăнтăр Африка Союзĕ) конгресс ячĕпе 511 çыру тата телеграмма килни çинчен пĕлтернĕ. Çав çырусемпе телеграммăсенче тĕрлĕ çĕршывсенчи ĕçсыннисем конгресс пухăвне тунине саламлани çинчен, унăн решенийĕсем пурнăç условийĕсене лайăхлатассишĕн, миршĕн кĕрешес ĕçре рабочи класăн пĕрлĕхне тĕреклетме пулăшасса шанса тăни çинчен каланă.

Ун хыççăн кун йĕркинчи иккĕмĕш ыйту тăрăх—«Капитализмла çĕршывсемпе колониалле çĕршывсенче экономикăпа социальнăй аталанушăн кĕрешес, нацин никама пăхăнманлăхĕпе демократилле ирĕклĕхсене хӳтĕлес тĕлĕшпе профсоюзсем умĕнче тăракан задачăсем çинчен» доклад тума Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕн председательне Джузеппе ди Витторина сăмах панă.

Ди Витторио хăйĕн доклачĕн малтанхи пайĕнче пĕтĕмĕшле экономика депрессийĕ, ĕçсыннисен пурнăçĕ начарланни, капитализмла çĕршывсемпе колониалле çĕршывсенче вăтам сийсем чухăнланасси вăйланса пыни мĕнрен килнине кăтартса панă.

Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕ юлашки вăхăтра пĕлтернĕ сведенисенчен çакă курăнать, тенĕ докладчик: çĕр çинче пурăнакан халăхăн виçĕ пайран икĕ пайĕ питĕ чухăн пурăнать. Чăнахах та вара этемлĕхĕн çак пайне кĕрекен кашни çын пуçне тивекен çулталăкри тупăш аран-аран 41 доллара çитет. Çĕр чăмăрĕ çинче пурăнакан халăхăн пиллĕкмĕш пайĕн кăна çын пуçне тивекен тупăшĕ 461 доллар чухлĕ шутланать.

Чухăн пурăнакан çынсем хушшинче тĕрлĕ чирсем, ерекен чирсем те сарăлнă пулсан, çĕршер миллион çын медицина пулăшăвĕ илме пултараймасть. Этемлĕхĕн виçĕ пайĕнчен икĕ пайĕшĕн 6 пин çын пуçне пĕр врач тивет. Çак çынсем вăтам шутпа пурĕ те 30 çул хушши кăна пурăнаççĕ.

Миллионшар çынсен пурнăçĕ халĕ те начар, вăл тата ытларах йывăрланса пырать. Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕн статистики акă мĕн çинчен çирĕплетсе калама май парать: вăрçăччен кунне 2.200 калорирен каярах илсе тăнă çынсем çĕр чăмăрĕ çинче пурăнакан халăх хушшинче 38,6 процент таран шутланнă пулсан, 1952 çулта çакăн пек çынсен йышĕ 59,6 процента çитнĕ, урăхла каласан çĕр çинче пурăнакан халăхăн пысăк пайĕ тăраниччен çисе курмасть (медицина науки кăтартнă тăрăх этеме куллĕн тăранса пурăнма сахалтан та 3.000 калори кирлĕ).

Наци тата тĕнче экономикинче монополисем пуç пулса тăни питех те начар ĕçсем патне илсе пырать. Вĕсем производство аталанăвне пĕтĕмпех хăйсем пысăк услам илессине пăхăнтарма тăрăшаççĕ. Монополисем, тет ди Витторио, çавăн пек ытларах услам илессине метрополисенче те, колонисенче те ĕçсынни массисене эксплуатацилессине вăйлатнипе, чĕртаварсен ресурсĕсене çаратнипе, кирлĕ пулсан, производствăна искусственнăй майпа чарса тăнипе тата инфляципе пурнăçа кĕртме тăрăшаççĕ. Производство хатĕрĕсемпе усă курассине пӳлсе тăни ĕç ытларах пулмалли майсене чакарать, ĕçсĕрлĕхе ӳстерет.

ООН-ăн Социальнăй тата Экономикăлла совечĕ тĕнче экономики 1952 çулта мĕнле аталанса пыни çинчен пичетлесе кăларнă докладран çакă курăнать: ытларах аталаннă улта капитализмла çĕршывра—Канадăра, Францире, Италире, Норвегире, Швецире тата США-ра производствăра ĕçлекен рабочисен йышĕ 1951 çултан пуçласа 1952 çула çитиччен улшăнмасăр тăнă.

Çав çулсем хушшинчех тăватă çĕршывра—Бельгире, Данире, Голландире, Англире производствăра ĕçлекен рабочисен йышĕ чакнă. Англие илес пулсан, вĕсен йышĕ 1950 çулта пулнинчен те чакнă.

Пĕтĕм тĕнчери ĕçлеме пултаракан миллионшар самрăк çынсем ĕç ыйтаççĕ. Анчах вĕсене хăйсен кăмăлне килекен профессие ĕç çуйласа илме памаççĕ кăна мар, чылай чухне нимĕнле ĕç те памаççĕ.

Пирĕн профсоюзсен, тенĕ ди Витторио, самрăксен ĕçлев тата пурнăç правишĕн пыракан кĕрешĕвне ертсе пымалла.

Докладчик капитализмла çĕршывсенче ĕçсĕрлĕх ӳссе пыни çинчен калакан тĕслĕхсем илсе кăтартнă. Сăмахран, Данире ĕç биржинче регистрациленĕ ĕçсĕррисен хисепĕ 1950 çулта çĕршыври ĕçлеме пултаракан çынсем хушшинче 8,7 процент пулнă. Хальхи вăхăтра Данире ĕçсĕррисен хисепĕ 12,5 процента çитнĕ. Италире ĕçсĕррисен хисепĕ çак тапхăр хушшинче 14 процентран 16 процента çити, Бельгире—6,8 процентран 6,9 процента çити ӳснĕ.

Паллах, ĕçсĕрлĕх пысăк пулни капиталистсене усăллă, вĕсем ĕç тивĕçменнипе усă курса ĕçсыннисене ялан ĕçрен кăларса ярассипе хăратаççĕ, вĕсен ĕç укçисене тата пособисене чакараççĕ, предприятисенче фашистла йĕркесем туса хураççĕ.

Малалла ди Витторио капитализмла тĕп çĕршывсем тăрăх сведенисем илсе кăтартнă. Вĕсем çакăн çинчен калаççĕ: хальхи вăхăтра Америка меслечĕпе усă курса ĕç тухăçлăхне ӳстерес тĕлĕшпе туса иртерекен ĕçсем пур çĕрте те ăнсăртран сусăрланассине нумайлатать, производствăна укçа-тенкĕ хывассине чакарать. Капиталистсем вăйлăн хĕспăшалланнипе тухакан пĕтĕм расходсене ĕçсыннисен çурăмĕ çине тиентерме тăрăшаççĕ.

Ĕçсыннисене эксплуатацилесси нихçанхинчен те ытла вăйланса пынă тата вĕсен реальнăй ĕç укçи чакса пынă вăхăтрах, шултра капиталистсен усламĕ ӳсет.

Ĕçсыннисен пурнăç шайне лайăхлатассишĕн тата ăна хӳтĕлесе тăрассишĕн кĕрешесси, тенĕ малалла ди Витторио, профсоюзсен ĕçĕнче тĕп вырăнта тăмалла.

Малалла ди Витторио Америка империализмĕ тытса пыракан çаратмалли политика çинчен тĕплĕн каланă. Çак политикăна вăл «ырă кĕрес» пĕркенчĕкпе витĕнсе пурнăçлать.

«Маршалл планĕ», «Коломбо планĕ», «Трумэн программин 4-мĕш пункчĕ», «Шуман планĕ» тата ытти плансем те, тет докладчик, США «ура çине тăратма» тата «аталантарма» шутлакан çĕршывсен экономикине Америка монополийĕсем кĕрсе пымалли хĕспăшал пулса тăраççĕ. Америка «пулăшăвĕ» тенĕскер асăннă çĕршывсен экономикине вăйсăрлатасси патне кăна илсе пырать, ĕçсĕрлĕхе ӳстерет, ĕçсыннисен пурнăç условийĕсене начарлатать.

1952—1953 çулсенче маршалласа çитернĕ Европăри тĕп çĕршывсенче пуринче те пурнăç сисĕнмеллех начарланнă. Уйрăмах пурнăç Бельгире, Францире тата Австрире начарланса çитнĕ. Тепĕр енчен, капитализмла хăшпĕр çĕршывсенче ялхуçалăх производстви пĕр вырăнта тăрать, вăйсăртарах аталаннă çĕршывсенче вара каялла чакса пырать.

ООН пĕлтернĕ тăрăх, Европăри маршалланнă çĕршывсенчен ытти çĕршывсене таварсем сутасси 1951 çултан пуçласа 1952 çула çитиччен чылай чакнă. Уйрăмах 1953 çулăн малтанхи уйăхĕсенче ку вăл сисĕнмелле чакнă.

Азири, Африкăри тата Кăнтăр Америкăри вăйсăр аталаннă çĕршывсен халăх хуçалăхĕ уйрăмах йывăрланса çитнĕ. Ку çĕршывсенче ют çĕршывсене тавар сутасси тата чĕртавар хакĕ сисĕнмеллех чакнă, çав вăхăтрах çак çĕршывсене кӳрсе килекен таварсен хакĕ ӳснĕ.

Шултра монополисем демократи лагерьне кĕрекен çĕршывсемпе суту-илӳ тума чарса лартни тĕнчери суту-илӳ ĕçне питех те вăйсăрлатать.

Халăхсем нацин никама пăхăнманлăхĕшĕн кĕрешни çинчен каласа, докладчик çакна палăртать: ку ыйту иртнĕ вăхăтсенче колониалле, сурма колониалле тата вăйсăр аталаннă çĕршывсем умĕнче кăна тăнă пулсан, паян вăл, урăх формăсемпе пулсан та, Итали, Франци, Бельги, Голланди пек тата хăшпĕр таран Англи пек ытларах аталаннă капитализмла çĕршывсем умне те тухса тăчĕ.

Малалла ди Витторио предприятисенче ĕçсыннисен демократилле прависене хӳтĕлесси çинчен тăракан ыйту çинче чарăнса тăрать.

Монополисем тĕрлĕ çĕршывсен экономикине хăйсен аллинче тытса тăрасси ӳссе пынипе тата çак çĕршывсен экономики Америка империализмне пăхăнса тăрасси ӳссе пынипе пĕрлех, тенĕ ди Витторио, капитализмла государствăсенче реакци вăйланса пырать. Ĕçсыннисемпе халăх массисене хытă пусмăрлаççĕ. Çак реакци фашизм тытнă тĕллевех тытать. Правительствăсем халăх кĕрешсе илнĕ демократилле ирĕклĕхсене пĕтерсе лартас тĕлĕшпе тăвакан репрессисем чи малтан профсоюзсен прависене, организацисен ирĕклĕхне, забастовка тумалли правăна пырса çапаççĕ. Вĕсем хăйсен законлă прависене хӳтĕлекен, хăйсен çăкăр таткине, ĕç укçине, хăйсен ĕçлев правине хӳтĕлекен ĕçсынни массисен коллективлă ĕçĕсене хирĕç пыраççĕ.

Ĕçсем хальхи пек кисе тухнă вăхăтра, тенĕ малалла ди Витторио, профсоюзсен прависене çинчен тăракан ыйту (вăл пурнăç шайĕ çинчен тăракан, нацилле никама пăхăнманлăх çинчен тата мир çинчен тăракан ыйтупа çыхăнса тăрать) ĕçсыннисен тĕп ыйтăвĕ пулса тăрать. Çавăнпа та эпĕ çапла сĕнетĕп: 1) пур çĕрте те 1954 çулхи майăн 1-мĕшĕ ячĕпе кăларса тăратакан тĕп лозунг ĕçсыннисен кулленхи прависене хӳтĕлесси çинчен пулмалла: 2) Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕн профсоюзсен прависен тата предприятисенче ĕçлекен пĕтĕм тĕнчери ĕçсыннисен демократилле прависен Хартине туса хатĕрлемелле. Çак Хартие пур çĕре те анлăн сармалла, ăна ООН-а тата Пĕтĕм тĕнчери ĕçлев организацине тăратмалла.

Ĕçлев, прогреспа мир вăйĕсем, тенĕ юлашкинчен ди Витторио, питĕ пысăк. Пирĕн ĕç—тĕрĕс ĕç. Пире нимĕнле вăйсем те малалла пыма чарса тăма пултараймаççĕ. Хамăр ретсене пĕтĕçтерер, юлташсем, пĕрлĕх тата тĕнчери рабочи класăн пĕр шухăшлăх ялавне, тĕнчери мĕн пур ĕçсыннисен пĕрлĕх ялавне çӳлерех çĕклесе ялан малалла пырар.

## Совет карапĕсем Польшăна пырса çитнĕ

ГДЫНЯ, октябрĕн 15-мĕшĕ. (ТАСС). Польша правительстви чĕннипе паян Польшăн Гдыня портне Совет Союзĕн çар карапĕсем: крейсер-флагман тата тăватă эсминец пырса çитнĕ. Польша Халăх Республикине совет карапĕсем пыни Польшăпа Совет Союзĕ хушшинчи туслăха тĕреклетмелли уйăхлăх иртнипе тата Польша халăх çарне туса хунăранпа 10 çул тултарнипе çыхăнса тăрать.

Тинĕсре совет çар карапĕсене Польша эсминецĕ «Блискавица» кĕтсе илнĕ. Гдыня портне пырса кĕнĕ чухне Совет Союзĕн флагман карапĕ наци салютне панă. Ăна ответлесе Польшăн çыранри артиллерийĕ тупăсенчен пенĕ. Флагман карапĕ çинчи оркестр Польша Халăх Республикин Совет Союзĕн гимнĕсене каланă.

Кун хыççăн совет карапĕсем порта кĕнĕ те пирс патне (çыран хĕрне) пырса чарăннă. Пĕтĕм отряд палăртнă сехетре тата минутра хăйĕн вырăнне йышăннă. Карапсем пырса чарăнасси питĕ вĕçке вăхăтра пулса иртнĕ.

Гдыня портĕнче совет карапĕсен отрядне Польша морякĕсем савăнăçлăн кĕтсе илнĕ. Порт тĕлĕнче вĕлкĕшсе тăракан сарлака пустав çине вырăсла «Ырă сунса кĕтсе илетпĕр!» тесе çырса хунă. Польша карапĕсем çинче тата çыран хĕрринче Польша тинĕс-çар флочĕн офицерĕсемпе матросĕсем йĕркипе тăрса тухнă.

Порта пырса çитсенех совет карапĕсен отрячĕн командующийĕ контр-адмирал Г. С. Абашвили, совет офицерĕсемпе пĕрле, Польша наци оборонин министрĕн заместителĕ генерал-полковник С. Поповский тата Польша тинĕс-çар флочĕн командованийĕ патĕнче пулнă.

Кун хыççăн контр-адмирал Абашвили халăх радин Гдыня воеводствин председателĕ патне пырса кайнă.

Паян совет морякĕсен делегацийĕ Польшăна ирĕке кăларассишĕн çапăçса вилнĕ совет воинĕсен Гдынăри тата Гданьскри масарĕсем çинче пулса чечек кăшăлĕсем хунă. Çавăн пекех вĕсем хăйсен тăван çĕршывне ирĕке кăларассишĕн çапăçса вилнĕ Польша воинĕсен виллăприсем çине те чечек кăшăлĕсем хунă.

Совет морякĕсем Польша Халăх Республикинче тата темиçе кун пулаççĕ.

## Тĕнчери шахмат турнирĕнче

ЦЮРИХ, октябрĕн 15-мĕшĕ. (ТАСС). Тĕнчере шахмат вăййипе мала тухмалли ăмăртура 25-мĕш вăйă хыççăн Смыслов малта пырать. Вăл 23 парти выляса 15,5 очко илнĕ. Решевский 24 парти выляса 14 очко, Бронштейн 24 парти выляса 13,5 очко, Керес 23 парти выляса 13 очко илнĕ.

## ТУРЦИРЕ ПРОГРЕССИВЛĂ УШКĂНСЕН ПРЕДСТАВИТЕЛĔСЕНЕ СУДА ПАНА

СОФИЯ, октябрĕн 15-мĕшĕ. (ТАСС). Болгарири телеграф агентстви пĕлтернĕ тăрăх, Турцире тухса тăракан «Дюнья» хаçат «коммунистла ĕçсем» тунă тесе айăпланакан 167 çын списокне пичетлесе кăларнă.

Айăпланакансем хушшинче рабочисемсĕр пуçне студентсем, профессорсем, преподавательсем, служащисем тата интеллигенцин ытти представителĕсем нумай.

Турцири прогрессивлă ушкăнсен представителĕсен ĕçне паян Стамбул судĕнче пăхса тухма тытăнаççĕ.

## Францин финанс министрĕ каласа пани

ПАРИЖ, октябрĕн 15-мĕшĕ. (ТАСС). Франс Пресс агентстви пĕлтернĕ тăрăх, Францин финанспа экономика министрĕ Эдгар Фор вăтам тата вак хуçасен конфедерацийĕн банкетĕнче сăмах тухса каланă.

Юлашки вăхăтра, тенĕ Фор, Франци правительствин «вĕçе-вĕçĕн пулнă виçĕ кризиса: хысна кризисне, социальнăй кризиса тата ялхуçалăх кризисне хирĕç кĕрешмелле пулнă».

Фор чи малтан çар расхочĕсене, çавăн пекех налогсене чакарма кирлине йышăннă, мĕншĕн тесен тавар хакĕсем пысăк пулни çавăнтан килет.

## ТӲРЛЕТНИ

«Коммунизм ялавĕн» октябрĕн 14-мĕшĕнче тухнă номерĕнче, 3-мĕш страницăри «Çĕршыв чемпионĕ» ятлă статьяра тăваттăмĕш колонкăри тăваттăмĕш абзац вĕçне çапла тӳрлетсе вуламалла: «Спорт ăмăртăвĕн участникĕсем совет атлетне питĕ хĕрӳллĕ саламланă». Малалла текстри пекех.

Редакторшăн Ф. А. АЛЕКСАНДРОВ.

# Н. Г. ПОМЯЛОВСКИЙ

(Вилнĕренпе 90 çул тултарнă май)

Паллă писатель-демократ Николай Герасимович Помяловский вилнĕренпе 90 çул иртрĕ.

Помяловский хăй ĕмĕрне çав тери хурлăхлă пурнăçпа пурăнса иртернĕ. Чухăн разночинеца самрăкранах йывăр асап курма, крепостла йĕркен тискер каторгинче пурăнма тивнĕ. Вăл патша вăхăтĕнчи Российăри пусмăрлă, хĕн-хурлă пурнăçа пĕтĕм чунтан кураймаи.

Обществăри ирсĕрлĕхе Помяловский курнă, анчах унпа мĕнле кĕрешмеллине пĕлмен. Пур йĕркесĕрлĕхе халăх восстанийĕ çеç пĕтерме пултарать, тесе шутланă Чернышевский, Помяловский çакна шанман. Вĕри чĕрелле демократăн произведенийĕсем малта пыракан самрăксене революцилле шухăшсем патне илсе пынă. Çапла пулин те хăй вăл пурнăçа революци туса улăштармалла текен идея патне çитеймен.

Н. Г. Чернышевский ун çинчен: «Хальхи поэтсемпе прозаиксенчен чи вăйли», «Гогольпе Лермонтов йышши çын», тесе каланă.

Вăл литература ĕçĕпе пĕр пилĕк çула яхăн кăна ĕçленĕ (пуринчен ытла «Современник» журналта). Ытлашши нумай çырайман пулсан та, вăл çав сахал произведенийĕсемпех вырăс литератури историйĕн сутă та асран тухми страницине çырса хăварнă.

Помяловский пурнăç çине çивĕч куçпа пăхнă, унта хăйĕн ыррине, хăйĕн тусĕсене, хăйĕн тăшманĕсене шыраса тупасшăн пулнă.

Разночинец самрăксене мĕнле пăхса çитĕнтерни çинчен Помяловский хăйĕн «Очерки бурсы» ятлă произведенийĕнче тĕлĕнмелле хăватлă, асран тухми ӳкерчĕксем сăнласа парать.

Патша шкулĕ çынсене тата вĕсен чунне пĕр хĕрхенмесĕр пăснă. Мĕн лайăххи, ырри пур, çавсене пурне те путлантарса, пĕтерсе пынă. Çынсенчен выльăхсем, мĕскĕн чурасем туса хунă. Çаксем çинчен сăнласа парать Помяловский. Çакăн хыççăн вара «бурса» тенĕ сăмах этемрен мăшкăласа кулнине, ăна вĕрентетĕп тесе юри ниме юрăхсăр туса хăварнине пĕлтерекен сăмах пулса юлнă. Помяловский çав мĕскĕн ачасене хупса лартнă шăршлă витене аркатса тăкма чĕннĕ, çав вите пурнăç тĕрмин пĕр пайĕ пулса тăнине кăтартса панă. Вăл вăхăтри прогрессивлă çынсем Помяловский хăйĕн очеркĕсенче шкулти ирсĕр ĕçсене çеç мар, пĕтĕм патша йĕркине тăрă шыв çине кăларнине лайăх пĕлсе тăнă.

Помяловский хăйĕн «Мещанское счастье» тата «Молотов» ятлă произведенийĕсенче (икĕ повеçĕ те пĕр-пĕрипе çывăх çыхăннă тата иккĕшне те 1861 çулта пичетлесе кăларнă) разночинец пурнăçĕнчи чи кирлĕ, чи çивĕч ыйтусем çинчен сăмах пуçласа янă. Чи малтанах вăл çакна, пурнăçра икĕ тĕрлĕ çынсем пуррине, пĕрисем ĕçлекенсем, теприсем ĕç паракансем пулнине палăртнă, вĕсем пĕр-пĕрин çине мĕнле куçпа пăхнине кăтартса панă. «Хуçисем пирĕн кирек хăçан та тарçисенчен куласçĕ,—тесе çырнă вăл —Купец — приказчикĕнчен, начальник хăйĕн патĕнче ĕçлекен çыннинчен кулать».

Çаксем çинчен уççăн каласа панă хыççăн, Помяловский çав «принципсем» разночинецсем тĕлĕшпе мĕнле иккенне сăнласа кăтартать. Вăл, Егор Иваныч Молотов пурнăçĕ çинчен çырса парса çакна палăртать: ĕçсĕр-хĕлсĕр пурăнакан улпутпа ĕçчен разночинецăн шухăш-кăмăлĕсем нихçан та пĕр пек пулма пултараймаççĕ.

«Чи лайăх» эксплуататорсем те разночинецсене ăнланманни куç умĕнчех. Егор Иваныч, ремесленник ывăлĕ, Обросимов улпут патне лекет. Обросимов лайăх хуçа, нумай вĕреннĕ çын. вăл тулашĕнчен питĕ ырă кăмăллă пек курăнать. Егор Иваныча çак улпут килĕнче темĕнле урăхла йĕркесемпе пурăнаççĕ пек туйăнать. Вăл хăйне ют çын мар пек, çав кил-йышра никамран та катăк мар пек туя пуçлать. Анчах та вăл Обросимовсем—арăмĕпе упăшки—иккĕшĕ хăйсем хушшинче ним пытармасăр калаçнине ăнсăртран илтет те, хăй çав тери пысăк йăнăш тунине ăнланса илет, вара унăн пĕтĕм кăмăлĕ пăсăлса каять.

«...Кĕлĕмçĕ?.. Хама улпутсем пек тыткалама пĕлместĕп иккен,—тесе тарăхать вăл.—А эпĕ, ухмах, мана юратаççĕ, шанаççĕ тесе шутлаттăм... Эсрелсем, эсрелсем!.. Ав мĕнле куçпа пăхаççĕ иккен вĕсем ман çине!»

Помяловский ĕçчен разночинеца унăн вырăнĕ эксплуататорсем патĕнче мар, халăх хушшинче пулмалли çинчен ĕнентерсе кăтартса парасшăн пулнă, халăх шăпи, халăх телейĕ ĕçчен çынсен телейĕ пулмалла, тесшĕн пулнă. Лермонтов çырнă кĕнекери Арбенин сăмахĕсене Егор Иваныч вуланă вырăна Помяловский калама çук ăста сăнласа панă. Арбенин çапла калать: «Мужиксем асап курни вăл, хăйсен шăпине пула тертленекен çынсен асапĕпе танлаштарсан, нимĕн те мар»,—тет. Егор Иваныч çакна вуласан, çавăнтах хăй халăхпа тачă çыхăннине туйса илет. «Вăл, аллине чĕтретсе, кĕнекене лӳчĕркесе урайне пăрахать те ахăлтатса кулса ярать... «Мужиксен асапĕ... нимĕн те мар!.. Вĕсене хăйсен шăни асаплантармасть!—тет вăл.—Кăна Арбенин улпут каланă!.. Пысăк улпут тата пысăк йĕкĕл!..»

Помяловский ĕçчен разночинецсемпе халăх пĕр-пĕрне çав тери çывăх тăнине ăнланнă, вĕсен интересĕсем пĕр пек пулнине пĕлнĕ. Çав вăхăтрах вăл разночинецсен нумайăшĕ тертлĕ халăха телейлĕрех тăвас тесе активлăн кĕрешменнине те курнă. Кун çинчен вăл питĕ хурланса сăнласа парать. Вăл разночинецсем пурнăçра виçĕ çул суйласа илни çинчен сăнласа кăтартать. Пĕр çулĕ вăл—Негодяшев çулĕ. Çав çын çапла калать: «Эпир программăсем çырма мар, пурăнма çуралнă»,—тет. «Тӳрĕ çулпа çитес çĕре çитме çук пулсан, кукăр-макăр çулсемпе каймалла»,—тет. Çавăнпа та вăл карьера тăвакан чиновниксен çулне суйласа илет. Тепĕр çул вăл—Череванин çулĕ. Череванин çемçе чĕрелле, вăл пусмăрлакан çынсене кураймасть, анчах та вĕсемпе мĕнле кĕрешмеллине пĕлмест. Эксплуататорсен философине чунтанах критиклет, урăх нимĕн те тумасть. Хăй вара пĕтĕмпех нигилизм ытамне кĕрсе ӳкет. Виççĕмĕш разночинец вăл—Егор Иваныч. Егор Иваныч самрăк вăхăтра чăнлăхшăн, тӳрĕ пурнăç тăвассишĕн пуринчен хастарлăрах кĕрешет. Анчах пыра-киле вăл хăйне вăйсăр çын тесе шутлама тытăнать, Разночинец эксплуататорсене хăйĕн ĕçне сутма пултарать, çав ĕçшĕн вăл хăйĕн чунне сутмасăрах, хăйĕн шухăш-кăмăлне улăштармасăрах укçаллă пулма пултарать тесе шухăшлать. Анчах вăл хăйĕн ырă шухăш-кăмăлне пурнăçлассишĕн пачах та кĕрешми пулать. «Мĕн тăвас-ха, — тет вăл,—пурте геройсем, паллă çынсем, тăван çĕршыва асапран çăлакансем пулма пултараймаççĕ-çке-ха... Ахаль кăна телейлĕ пулма, мещен телейĕпе кăна пурăнма юрамасть-им?.. Эпир ахаль çынсем, ыттисенчен уйрăм тăман çынсем кăна».

Улпутсене тата буржуазие чунтан кураймасть пулин те, вăл хăй пикенсех вĕсем майлă ĕçлет. Надя Дороговăпа пĕрле лăпкă та ăшă пӳлĕмре мещенле савăнăçпа савăнса пурăнни ун кăмăлне çырлахтарать, чĕрине канăç парать. Хушăран кăна пăшăрханнă пек пулать. Анчах та Помяловские хăйне çакăн пек агонистла пурнăç çав тери кăмăлла каймасть. Вăл хăйĕн повеçне çак сăмахсемпе пĕтерет: «Çакăнпа вĕçленет мещен телейĕ. Эх, господасем, темĕнле, кичем пек туйăнать...» Çапла вара писатель разночинецсем, кĕрешме пăрахса, обывательсем пек лăпланса ларнине хирĕç тухать. Анчах, çапла пулин те, вăл разночинец-революционер сăн-сăпатне кăтартса параймаи. Çав ĕçе тата икĕ çул иртсен Чернышевский пурнăçланă: вăл хăйĕн «Что делать?» ятлă романĕнче Рахметов сăн-сăпатне кăтартса панă.

Разночинец обывателе тухнине Помяловский çав тери хытă айăплани обществăшăн питĕ паха ĕç пулнă. Çавăнпа та Помяловский çырнă повеçсене Чернышевский те, Писарев та, каярахпа А. М. Горький те калама çук пысăк хак панă. «Сăмах май çакна каламалла,—тесе çырнă А. М. Горький 1928 çулта,—Помяловскийĕн икĕ повеçĕ те паянхи кунсемшĕн питĕ усăллă...»

Помяловский хăйĕн повеçĕсенче, очеркĕсенче, калавĕсенче пурнăçри чи кирлĕ ыйтусем пирки сăмах тапратнă. Ахальтен мар вăл хăй çапла каланă: «Эпĕ пурнăçа пур енчен те пĕлесшĕн, обществăри юхан-сурансене, çитмен пурнăçпа асапланса халтан кайнă халăха курасшăн апĕ»,—тенĕ. Вăл космополитла системăпа воспитани панине çав тери витĕмлĕн хурласа тăкнă; улпутсен эстетизмне, улпутсен литератури «çынсене якатса, илемлетсе» сăнлама тăрăшнине лăплана пĕлмесĕр тăрă шыв çине кăларса пынă; столицăри пурнăçăн пĕтĕм ирсĕр енĕсене туртса кăларса, асран кайми ӳкерчĕксем туса панă.

Хăйĕн реализмла творчествипе халăх тăшманĕсене тăрă шыв çине кăларса пынă, ирĕклĕхшĕн кĕрешес ĕçе пĕтĕм чунне панă Н. Г. Помяловский ятне совет çыннисем çав тери юратса, ăшшăн асăнаççĕ.

Е. БОГОЛЮБОВ, профессор, филологи наукисен докторĕ.

## КИНО

«УДАРНИК» — октябрĕн 17-мĕшĕнче кăнтăрлахи сеанссенче (14 сехет те 15 минутра тата 16 сехет те 15 минутра) илемлĕ фильм—«Алеша Птицын вырабатывает характер».

## ТЕАТР

ЧĂВАШ АКАДЕМИ ТЕАТРЕНЧЕ — паян, октябрĕн 17-мĕшĕнче хĕллехи сезон уçăлнă кун—

«ЭНТИП»

Октябрĕн 18-мĕшĕнче

«ÇЕМЬЕ ЧЫСĔ»

Спектакльсем каçхине 7 сехет те 30 минутра пуçланаççĕ. Касса кăнтăрла иртсен 4 сехетре уçăлать.

РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—4-17, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-37, парти пурнăç пайĕ—3-99, обзорсен пайĕ—6-84, пропаганда пайĕ—5-21, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 09010 Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР, Заказ № 2308. Тираж 20.000 экз.